*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*



# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 6 (20139) • Вырсарникун, 1990 çулхи январĕн 7-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

# ÇĔНЕТЎ ТĔЛЛЕВĔСЕНЕ ТĔПЕ ХУРСА

## *КПСС Шупашкар хула комитечĕн суйлав умĕнхи платформи*

**Хисеплĕ юлташсем!**

**1990 çулхи мартăн 4-мĕшĕнче РСФСР, Чăваш АССР халăх депутачĕсен тата халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавĕ пулса иртет. Вăл çĕнĕ совет органĕсем йĕркелеме май парать, пĕтĕм влаçа Советсен аллине пама условисем туса хурать.**

**Обществӑпа политикăра пулса тăнă лару-тăрăва тĕрĕс хакласа, КПСС хула комитечĕ СССР Халăх депутачĕсен съезчĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕ çĕршыв çĕнетĕвĕн йывăр тапхăрĕнче пурăнса ирттерни çинчен каланипе килĕшет.**

**Çак условисенче партин хула комитечĕ Шупашкарăн мĕнпур çыннисене, коммунистсемпе партире тăманнисене çĕнетÿшĕн тăракан вăйсене пĕрлештерме, çĕнетĕве пурнăçлас, кашни ĕç коллективĕнче, кашни ĕç вырăнĕнче пухăнса кайнă ыйтусене татса парас тĕллевпе практикăлла ĕçе вăйлатса пыма чĕнсе калать. Хула пурнăçĕн куллехи задачисене татса парасси халăх депутачĕсен хула Совечĕн çитес составĕнчен, депутатсен корпусĕ принциплă, ĕçлĕхлĕ тата хастар пулнинчен килет.**

**Партин хулари организацийĕ мĕнпур шайри Советсен суйлавне хатĕрленсе ирттерес ĕçе активлă хутшăнать. Организаторла пĕтĕм ĕçпе политика ĕçне эпир уççăн, ĕççыннисемпе канашласа, çĕнетÿшĕн кĕрешекен мĕнпур вăйсемпе, çав шутра хăйсем тĕллĕн йĕркеленнĕ пĕрлешÿсемпе конструктивлă килĕштерсе ĕçлессине йĕркелесе пыма тăрăшатпăр. Çавăнпа пĕрлех эпир, усăмлă калаçу йĕркелесе, демагогла кăшкăрашса, пуш сăмах çаптарса «ытларах сасă пухма» хăтланнине хирĕç тăратпăр.**

**Суйлава хатĕрленсе, КПСС хула комитечĕ шупашкарсене ку чухнехи условисенче çĕнетĕве тарăнлатас, хулан социаллă пурнăçĕпе ăс-хакăл пурнăçне аталантармалли чи çивĕч ыйтусене кая хăвармасăр татса парас тĕлĕшпе тумалли ĕçсен программи çинчен каласа памалла, принциплă тĕп ыйтусем тăрăх хăйĕн позицийĕпе паллаштармалла тесе шутлать.**

### Обществӑпа политика енĕпе

Хулари парти организацийĕ парти комитечĕсемпе халăх депутачĕсен Совечĕсем, общество организацийĕсем хушшинчи хутшăнусен демократиллĕ çĕнĕ механизмне хăвăртрах тăвассишĕн тата аталантарассишĕн, вĕсен функцийĕсене усăмлăн палăртса хурассишĕн тăрать. Парти организацийĕсем хăйсен политика задачисене халăха ăнлантарнипе, ĕнентернипе, Советсене тата общество организацийĕсен ертсе пыракан органĕсене суйланă коммунистсем урлă пурнăçа кĕртме тивĕçлĕ.

Пĕтĕм влаçа Советсене парас тĕллевпе эпир çапла тумалла тесе шутлатпăр:

— политика меслечĕсемпе усă курса, Советсен чăн-чăн демократиллĕ суйлавне ирттерме пулăшмалла. Влаçа ĕççыннисен аллине парассине халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсем урлă пурнăçа кĕртме тăрăшмалла;

— пĕтĕм ĕçе вырăнта йĕркелесе пымалла, хула хуçалăхне тытса пымалли мĕнпур тĕп функцисене халăх депутачĕсен хула Совечĕн аллине памалла, çак ĕçе пĕр вăхăтрах республика органĕсем тăвас йăлана пĕтермел-[illegible] тролĕн активлă ĕçлекен ушкăнĕсене йĕркелемелле;

— парти, совет, хуçалăх органĕсенчи, çынна право тĕлĕшĕнчен хÿтĕлекен ытти учрежденисенчи бюрократизма, чунсăрлăха, ыйтăва татса парассине вăраха янине хирĕç, вырăн интересĕсене çеç шута илнине, эгоизма хирĕç кĕрешмелле.

Хулари парти организацийĕ общество организацийĕсене хăйсен уставĕсенче палăртнă задачăсене татса парас ĕçре хăй тĕллĕн ĕçлеме майсем туса парассишĕн ĕçлет, ĕççыннисен прависене, законлă интересĕсене хÿтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен профсоюз комитечĕсене, вĕсем производствăра сиксе тухма пултаракан хирĕçÿсене ĕççыннисен тĕрĕс требованийĕсене вăхăтра тивĕçтерни-не сирсе ярас тĕлĕшпе вăй хунине ырлать, коллективсем хăйсен тĕллевĕсене çеç пурнăçлама тăрăшнине тата ыттисен шучĕпе ĕççыннисен пĕр категорийĕн ыйтăвĕсене çеç татса пама тăрăшнине хирĕç çине тăрса кĕрешет.

КПСС хула комитечĕ вăрçăпа ĕç ветеранĕсен совечĕсене, хĕрарăмсен совечĕсе-[illegible]

### Социаллă пурнăçпа экономикăна аталантарас енĕпе

КПСС хула комитечĕ хăйĕн ĕçĕнче халăх пурнăçне, çынсен ĕçпе кану условийĕсене лайăхлатассине, сывлăха сыхлассине, культура ыйтăвĕсене тивĕçтерессине, таврари çутçанталăка лайăхлатассине тĕпе хурать. Çак тĕллевпе эпир политика ĕçĕпе организаторла ĕçе малашне акӑ мĕнле йĕркелесе пырăпăр:

1. Экономика реформин анлă программине çине тăрса пурнăça кĕртсе пынă май

— хулара регионти хуçалăх расчетне тата хăйтÿлевлĕхе ĕçе кĕртĕпĕр, предприятисемпе организацисене тытса пымалли экономика меслечĕсем çине куçăпăр;

— халăх депутачĕсен хула Совечĕ мĕнпур предприятисемпе тата организацисемпе территорири хуçалăх расчечĕн договор никĕсĕ çинче çыхăну тытассине йĕркелесе çитерĕпĕр;

— социализмла харпăрлăхăн, вырăнти Советсен харпăрлăхĕн нумай тĕрлĕ формисене вырăнти самоуправлени экономика никĕсĕ вырăнне хурса аталантарса пырăпăр;

[illegible] ласа çуллен 400 пин тăваткал метртан кая мар пурăнмалли çурт-йĕр туса ĕçе кĕртмелле, çапла вара çуллен 9—10 пин çемьен хваттер условийĕсене лайăхлатмалла;

— пурăнмалли çурт-йĕр тăвассипе коммуналла хуçалăх аталанăвĕ хушшинчи çитменлĕхсене пĕтермелле;

— строительство материалĕсем туса кăларакан промышленность предприятийĕсен хăвачĕсене аталантармалла;

— пурăнмалли çурт-йĕре юсама тата пăхса тăма, пурăнмалли кивĕ çуртсене реконструкцилеме тата тирпейлем кĕртме тивĕçлĕ йĕрке туса хумалла;

— хваттерсем валеçнĕ чухне социаллă тĕрĕслĕх принципне çирĕп пăхăнмалла.

4. Халăха кирлĕ таварсемпе тивĕçтерессине тата йăлара кирлĕ ĕçсем туса парассине лайăхлатма:

— хулари предприятисемпе организацисенче халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине ÿстерме резервсем тупмалла тата вĕсемпе усă курмалла;

республикăри 1-мĕш больницăн [illegible] корпусне туса лартса, хĕрарăмсене тата ачасене медицина пулăшăвĕ парассине тĕпрен лайăхлатмалла;

— 1990 çулта хулари мĕнпур предприятисенче экологи экспертизи ирттермелле, таврари çутçанталăка сыхламалли комплекслă программа палăртса хатĕрлемелле тата пурнăça кĕртмелле;

— спорт залĕсем хăш ведомствăн пулнине пăхмасăр, вĕсемпе физкультурăпа спорт занятийĕсем ирттерме анлă усă курмалла, сывлăха çирĕплетекен физкультура комплексĕсем туса хумалла.

6. Социаллă обеспечение лайăхлатма:

— халăх депутачĕсен район Совечĕсем çумĕнче тупăш сахал илекен çемьесене тата инвалидсене социаллă пулăшу пама фонд туса хумалла;

— ватă çынсемпе инвалидсен йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерессине лайăхлатас тĕллевпе «Тимлĕх» программăна пурнăça кĕртмелле;

— ватă граждансене валли йăлапа суту-илÿ ыйтăвĕсене тивĕçтермелли комплекспа пĕрле ятарлă пурăнмалли çуртсем малалла тумалла.

7. Культура учрежденийĕсен пурлăх никĕсне çирĕплетме:

— пуканесен театрĕн, культурăпа çутĕç училищин çурчĕсене туса лартмалла, Республикăри çамрăксен театрĕн çуртне реконструкцилессине хăвăртлатмалла тата ытти те;

— творчество союзĕсемпе организацийĕсен ĕç условийĕсене лайăхлатмалла;

— усă пĕлет айĕнче этнографи музейĕ, Шупашкар хулин музейне уçмалла;

— библиотекăсен шутне ÿстермелле.

Халăха вĕрентес ĕç пирки хулари коммунистсем çапла шутлаççĕ:

— вĕрентÿпе воспитани ĕçĕнче формализма татăклăнах пĕтермелле, çак ĕçе йĕркелемелли çĕнĕ формăсемпе меслетсем шырамалла, вĕренÿ заведенийĕсенче чăннипех демократизм туса хумалла, новаторла шырав ĕçне йĕркелесе ямалла;

— 1995 çул тĕлне шкулсем пĕр сменăпа ĕçлеччĕр тата мĕнпур ачасене садсемпе яслисенчи вырăнсемпе тивĕçтерес тĕллевпе пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан шкулсем çуллен 4-ран кая мар, шкул çулне çитмен ача-пăча учрежденийĕсем 7—8-тан кая мар ĕçе кĕртсе пымалли хăвăртлăха сыхласа хăвармалла;

— шкулсене микрорайонсенче воспитани ĕçĕн центрĕсем туса хумалла.

### Çамрăксемпе ĕçлес енĕпе

Хулари коммунистсем çамрăксем тĕлĕшпе пухăнса çитнĕ проблемăсем мĕн тери татăлмалла пĕлтерĕшлĕ пулнине тĕрĕс хаклаççĕ тата çапла шутлаççĕ:

— çамрăксен культурăпа социаллă пурнăç ыйтăвĕсене татса парас ĕçре комсомол пĕлтерĕшне ÿстермелле, комсомол организацийĕсемпе идейăллă пĕрлĕх никĕсĕ çинче çыхăну тытмалла, вĕсем [illegible] лемăсене татса парассине хăвăртлатма, çамрăксен культура ыйтăвĕсене туллинрех тивĕçтерме палăртмалла;

— хĕрсемпе каччăсене хула пурнăçĕн чи кирлĕ проблемисене татса пама, парти, совет, профсоюз, хуçалăх органĕсен ĕçне активлă хутшăнтармалла;

— çамрăксен уйрăмах лайăх хатĕрленсе çитнĕ представителĕсене хуçалăхпа общество организацийĕсене ерт-[illegible]



«Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнче инструментсем тăвакан пĕрремĕш цехра Викентий Владимирович Иванов шлифовщика чи кăткăс ĕçсене шанса параççĕ. Ăнсăртран мар — чи хытă металл хутăшĕсене якатма опытлă ăста кирлĕ. Хушнă ĕçе вăл яланах тăрăшса, лайăх пахалăхпа пурнăçлать.

Викентий Владимирович — хăйсен коллективĕнчи «Родные просторы» ансамблĕн активлă членĕ.

А. Жуков фотоÿкерчĕкĕ.

*Суйлав умĕн*

## ПĔР ВЫРĂНА — УЛТĂ КАНДИДАТ

143-мĕш Шупашкар наци-территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас енĕпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура РСФСР халăх депутатне суй-[illegible]

[illegible] масть, Шупашкарта пурăнать.

Николай Григорьевич Федорова 1939 çулта çуралнă. «Чувашэнерго» электротехника производство пĕрлешĕвĕн сурçĕр электри-[illegible]

[illegible] органĕсене суйлас коммунистсем урла пурнăçа кĕртме тивĕçлĕ.

Пĕтĕм влаçа Советсене парас тĕллевпе эпир çапла тумалла тесе шутлатпăр:

— политика меслечĕсемпе усă курса, Советсен чăн-чăн демократиллĕ суйлавне ирт[illegible] ĕçсыннисен аллине [illegible] халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсем урлă пурнăçа кĕртме тăрăшмалла;

— пĕтĕм ĕçе вырăнта йĕркелесе пымалла, хула хуçалăхне тытса пымалли мĕнпур тĕп функцисене халăх депутачĕсен хула Совечĕн аллине памалла, çак ĕçе пĕр вăхăтрах республика органĕсем тăвас йăлана пĕтермелле;

— халăх депутачĕсен хула тата район Совечĕсен структурине çĕнĕлле йĕркелемелле, вĕсен функцийĕсене çĕнĕрен палартмалла, хăйтĕлленлĕхне ÿстермелле, хула пурнăçĕпе çыхăннă ыйтусене май килнĕ таран лайăхрах татса пама условисем туса хумалла;

— граждансен обществăлла самоуправленийĕн витĕмлĕ системине туса хумалла, вĕсене микрорайонсен социаллă пурнăçпа йăла ыйтăвĕсене татса парас ĕçре анлă полномочисем памалла, халăх депутачĕсемпе тачă килĕштерсе ĕçлеме май памалла;

— пысăкрах пĕлтерĕшлĕ решенисен проекчĕсене сÿтсе явнă çĕре хула çыннисене анлăрах хутшăнтармалла. Çивĕч ыйтусем ширки, чи малтанах производствăпа тата пурлăх валеçессипе, социаллă тĕрĕслĕхпе, экологипе, преступлени тăвассине хирĕç кĕрешессипе çыхăннă ыйтусем çинчен халăха тăтăшах пĕлтерсе тăмалла, хăш ыйтусене — паян, хăшĕсене малашлăхра татса пама пултарнине, вĕсене татса панăшăн кам ответлă пулнине, кам чăрмантарнине Шупашкар çыннисем тĕрĕс пĕлсе тăма пултарччăр;

— хăйсем тĕллĕн йĕркеленнĕ пĕрлешÿсен хула пурнăçĕн кирлĕ ыйтăвĕсене татса парас тĕлĕшпе тунă пуçарăвĕсемпе мероприятийĕсене хутшăнмалла;

— ĕçсыннисемпе хула çыннисене анлă хутшăнтарса, пĕрлехи контроль органне туса хумалла, рабочи кон-

[illegible] парас ĕçре хăй тĕллĕн ĕçлеме майсем туса парассишĕн ĕçлет, ĕçсыннисен прависене, законлă интересĕсене хÿтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен профсоюз комитечĕсене, вĕсем производствăра сиксе тухма пултаракан хирĕçÿсене ĕçсыннисен тĕрĕс требованийĕсене [illegible] не сирсе ярас тĕлĕшпе [illegible] хунине ырлать, коллективсем хăйсен тĕллевĕсене çеç пурнăçлама тăрăшнине тата ыттисен шучĕпе ĕçсыннисен пĕр категорийĕн ыйтăвĕсене çеç татса пама тăрăшнине хирĕç çине тăрса кĕрешет.

КПСС хула комитечĕ вăрçăпа ĕç ветеранĕсен совечĕсене, хĕрарăмсен совечĕсене, мир, ыркăмăллăхпа сывлăх фончĕсене, Ачасен В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен фондне тата ыттисене ĕçлеме пур енлĕн пулăшать.

Хулари парти организацийĕ хулара пурăнакан мĕнпур нацисемпе халăхсен представителĕсем хушшинче йĕркеленнĕ туслăх традицийĕсемпе интернационалла килĕштерсе ĕçлемелли йăлайĕркене малалла çирĕплетессишĕн, национализмпа шовинизмăн кирек мĕнле палăрăмĕсене те хирĕç кĕрешет. Çак тĕллевпе вăл çак ĕçсене çирĕппĕн пурнăçа кĕртсе пырать:

— КПССăн наци ыйтăвĕпе палăртнă платформине тата КПСС обкомĕн IV пленумĕн решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе;

— нацисем хутшăнса пурăнмалли культурăна аталантарас, çĕршыври мĕнпур халăхсен йăли-йĕркине, чĕлхине, историпе культурине хисеплеме вĕрентес тĕлĕшпе;

— Шупашкарта пурăнакан чăвашсен тата ытти мĕнпур халăхсен культурăпа истори пуянлăхне сыхласа хăварас тĕлĕшпе;

— чăвашла-вырăсла тата вырăсла-чăвашла икчĕлхелĕхе аталантарас, вĕренÿ заведенийĕсенче чăваш чĕлхине вĕрентессине лайăхлатас, шкул çулне çитмен ачасен учрежденийĕсенче чăвашла вĕрентес тĕлĕшпе;

— ытти наци халăхĕсен ачисене тăван чĕлхепе вĕренме условисем туса хурас тĕлĕшпе;

— чăваш чĕлхин обществăлла функцийĕсене аталантарас тĕлĕшпе.

[illegible] ăнлă программăпа çине тăрса пурнăçа кĕртсе пыма май [illegible]

— хулара регионти хуçалăх расчетне тата хăйтÿлевлĕхе ĕçе кĕртсепĕр, предприятисемпе организацисене тытса пымалли экономика меслечĕсем çине куçăпăр;

— халăх депутачĕсен хула Совечĕ мĕнпур предприятисемпе [illegible] семпе территорири хуçалăх расчечĕн договор никĕсĕ çинче çыхăну тытассине йĕркелесе çитерĕпĕр;

— социализмла харпăрлăхăн, вырăнти Советсен харпăрлăхĕн нумай тĕрлĕ формисене вырăнти самоуправленин экономика никĕсĕ вырăнне хурса аталантарса пырăпăр;

— производствăри шалти хуçалăх расчетне, коллективлă подрядпа аренда подрядне тата çемье подрядне анлăн ĕçе кĕртсе пырăпăр;

— район, хула тата республика бюджечĕсене пырса тăракан тупăшсен çăлкуçĕсене усăмлă палăртăпăр.

2. Хула çыннисене апат-çимĕç продукчĕсемпе тивĕçтерессине лайăхлатас тĕллевпе çак никĕс çинче практикăлла мерăсем пурнăçа кĕртмелле:

— ялти социаллă пурнăça çĕнĕлле йĕркелес, ялхуçалăх производствин ку чухнехи базине туса хурас тĕллевпе хушма хуçалăхсене аталантармалла, хулари предприятисене колхозсемпе тата совхозсемпе анлăн интеграцилемелле тата кооперацилемелле, вĕсем пĕрпĕриншĕн усăллă килĕштерсе ĕçлессине йĕркелемелле;

— апат-çимĕç промышленноçĕн тата ялхуçалăх чĕртаварĕнчен продукци туса кăларакан промышленноçăн предприятийĕсене реконструкцилеме машиностроени предприятийĕсен техника хăвачĕпе усă курмалла;

— 1993 çул тĕлне улмаçырлапа пахчаçимĕç продукцине упрама тата сыхласа хăварма кирлĕ база туса хумалла;

— 1991 çулта хула çыннисене сад участокĕсемпе, тĕпрен илсен, пĕтĕмĕшпех тивĕçтерсе çитермелле.

3. Хулара пурăнмалли çурт-йĕр проблемине хăвăртрах татса пама:

— производство строительствине чакарса, пурăнмалли çурт-йĕр тумалли хуçалăх меслетне, кооперации строительствине тата уйрăм çынсем çурт лартассине аталантарса, 1991 çултан пуç-

[illegible] малла;

— пурăнмалли çурт-йĕре юсама тата пăхса тăма, пурăнмалли кивĕ çуртсене реконструкцилеме тата тирпейлеме кĕртме тивĕçлĕ йĕрке туса хумалла;

— хваттерсем валеçессине чухне социаллă тĕрĕслĕх [illegible]

4. Халăха кирлĕ таварсемпе тивĕçтерессине тата йăлара кирлĕ ĕçсем туса парассине лайăхлатма:

— хулари предприятисемпе организацисенче халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине ÿстерме резервсем тупмалла тата вĕсемпе усă курмалла;

— машиностроени комплексĕн мĕнпур предприятийĕсенче техника тĕлĕшĕнчен кăткăс изделисем туса кăларма тытанмалла;

— халăх валли таварсем туса кăларакан тата халăха кирлĕ ĕçсем туса паракан кооперативсене аталантарма пулăшмалла, спекуляци меслечĕпе тупăш илекен кооперативсен ĕçне чарса лартассишĕн кĕрешмелле;

— çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕ планран иртттерсе туса кăларакан пĕтĕм продукцие хулари суту-илÿ организацийĕсене памалла, планран иртттерсе туса кăларнă продукцине республикăри, çĕршыври ытти хуласемпе, урăх çĕршывсен фирмисемпе дефицит-таварсем улăштарса илмелле;

5. Халăх сывлăхне сыхлассине лайăхлатма:

— сывлăха сыхлас ĕçре çынсене чирлесрен сыхлассине вăйлатмалла, медицина пулăшăвĕн пахалăхне лайăхлатмалла, пĕтĕм халăх сывлăхне тĕрĕслесе тăма тытăнмашкăн условисем туса хумалла;

— вырăнти Советсен, предприятисемпе организацисен укçипе «Шупашкарти электроаппаратура завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн медсанчаçне, В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕн медсанчаçĕн сывлăха сиплекен корпусĕсене туса лартмалла тата реконструкцилемелле;

— «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн тата Кăнтăр-хĕвеланăç районĕнчи ача-пăча больницисене, Ленин тата Мускав районĕсен ача-пăча поликлиникисене, ачасене ерекен чирсенчен сыватакан больницăна.

[illegible] детме:

[illegible] ĕсене воспитани ĕçĕн центрĕсем туса хумалла.

## Çамрăксемпе ĕçлес енĕпе

Хулари коммунистсем çамрăксем тĕлĕшпе пухăнса çитнĕ проблемăсем мĕн тери та[illegible] рĕс хаклассă тата çапла шутлаççĕ:

— çамрăксен культурăпа социаллă пурнăç ыйтăвĕсене татса парас ĕçре комсомол пĕлтерĕшне ÿстермелле, комсомол организацийĕсемпе идейăллă пĕрлĕх никĕсĕ çинче çыхăну тытмалла, вĕсем организаторла ĕçе хăйсем тĕллĕн туса пыма пултарнине йышăнмалла;

— çамрăксен проблемисене татса парас ĕçре комсомол авторитетне ÿстермелле;

— «Çамрăксем» ятарлă программа палăртса хатĕрлемелле, унта социаллă проблемăсене татса парассине хăвăртлатма, çамрăксен культура ыйтăвĕсене, пуллирех [illegible]

— хĕрсемпе каччăсене хула пурнăçĕн чи кирлĕ проблемисене татса пама, парти, совет, профсоюз, хуçалăх органĕсен ĕçне активлă хутшăнтармалла;

— çамрăксен уйрăмах лайăх хатĕрленсе çитнĕ представителĕсене хуçалăхпа общество организацийĕсене ертсе пыма активлă уйăрса лартмалла;

— творчествăлла ĕçлеме, усăллă канма условисем туса хумалла;

— çамрăксен пурăнмалли çурт-йĕр комплексĕсене малалла аталантармалла тата çирĕплетмелле.

## Социализмла право йĕркине тата граждансен прависене сыхлас енĕпе

Преступлени, хулиганла ĕçсем тăвасси, ĕçкĕпе иртĕхесси анлă сарăлнă пирки хулари парторганизаци пăшăрханнине палăртать, Çак сиенлĕ пулăмсене çĕнтермешкĕн çапла тумалла, тесе шутлать:

— хулара закон йĕркине тата йĕркелĕхе çирĕплетме, ĕçкĕпе иртĕхнине тата алкоголизма хирĕç, спекуляци тунине тата ĕçлемесĕр тупăш илнине хирĕç, харампырла пурăннине хирĕç кĕрешме çирĕп мерăсем йышăнмалла;

— ирĕклĕ халăх дружинисем, рабочисен милицийĕн отрячĕсем урлă ĕççыннисене право йĕркине сыхлама активлă хутшăнтармалла, вĕсене социаллă пурнăçра тата право тĕлĕшĕнчен хÿтĕлемелле;

— преступлени тăвассине хирĕç пыракан кĕрешÿре милицин, право йĕркине сыхлакан органсен пĕлтерĕшне ÿстермелле, вĕсен речĕсене ăнсăртран пырса кĕнĕ çынсенчен тасатма тăрăшмалла;

— предприятисемпе организацисенче, кашни ĕç вырăнĕнче дисциплинăпа йĕркелĕхе çирĕплетес тĕлĕшпе ĕçлемелле;

— çитĕнсе çитмен çамрăксене преступниксем витĕм кÿресрен хÿтĕлемелле;

— граждансене администраци хĕсниннчен, критикăшăн тавăрниччен право енĕпе хÿтĕлессишĕн кĕрешмелле;

— государствăн тата партин мĕнпур органĕсем, обществăлла организацисемпе формированисем, ĕç коллективĕсен руководителĕсем тата мĕнпур граждансем законсене пăхăнмалли йĕрке туса хума пулăшмалла.

**Халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавне хатĕрленнĕ май Шупашкар хулинчи парторганизаци хулари мĕнпур коммунистсене тата партире тăманнисене, ĕççыннисене, çĕнетÿ идейине ырлакан мĕнпур çынсене пирĕн платформа никĕсĕ çинче пĕрлешме чĕнет. Эпир сире ăнланулла пулса депутата суйламалли кандидатурăна тĕрĕс суйласа илме, ĕçе лайăх пĕлекен, пуçарулла, çирĕп принциплă, хамăрăн тăван хуламăр шăпишĕн чунтан тăрăшакан çынсемшĕн сасăлама чĕнсе калатпăр.**

[illegible] Владимирович — хăйсен коллективĕнчи «Родные просторы» ансамблĕн активлă членĕ.

А. Жуков фотоÿкерчĕкĕ.

*Суйлав умĕн*

## ПĔР ВЫРĂНА — УЛТĂ КАНДИДАТ

143-мĕш Шупашкар нацитеррitori суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас енĕпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура РСФСР халăх депутатне суйлама тăратнă çак кандидатсене регистрациленĕ:

Георгий Николаевич Волкова. 1938 çулта çуралнă. КПСС Чăваш обкомĕн иккĕмĕш секретарĕ. Шупашкарта пурăнать.

Федор Георгиевич Коновалова (Агивера). 1943 çулта çуралнă. «Тăван Атăл» журналăн главнăй редакторĕ. КПСС членĕ. Шупашкарта пурăнать.

Галина Геннадьевна Тихомировăна. 1956 çулта çуралнă. И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн социологи кафедрин социологи тĕпчевĕсен лабораторийĕн заведующийĕ. Партире тămасть. Шупашкарта пурăнать.

Николай Григорьевич Федорова. 1939 çулта çуралнă. «Чувашэнерго» электротехника производство пĕрлешĕвĕн сурçĕр электричество сечĕсен Çĕрпÿ электросечĕн районĕн начальникĕ. КПСС членĕ. Çĕрпÿре пурăнать.

Валентин Максимович Шишкина. 1943 çулта çуралнă. «Путь» кооперативăн наукăпа техника ĕçĕсем туса паракан бюровĕн начальникĕ. КПСС членĕ. Шупашкарта пурăнать.

Валерий Аверкиевич Шуйкова. 1958 çулта çуралнă. Шупашкарти 48-мĕш вăтам шкулти вырăс чĕлхипе литературин учителĕ. КПСС членĕ. Шупашкарта пурăнать.

ОКРУГРИ СУЙЛАВ КОМИССИЙĔ.

## ВЫРĂНА ТУХСА

Çĕршывра тата республикăра пулса иртекен çĕнетÿ хыпарĕсене ял çыннисем патне вăхăтра çитерес тĕллевпе КПСС Муркаш райкомĕ çумĕнче информаци ушкăнĕ йĕркеленĕ. Ăна парти райкомĕн пĕррремĕш секретарĕ В. С Краснов ертсе пырать.

Çак кунсенче ушкăн членĕсем «Герой», «Нива» колхозсенче, «Ударник» совхозра пулнă. Социаллă пулăшу пайĕн заведующийĕ Е. П. Иванова, район прокурорĕ В. Н. Илюхин, агропромышленность пĕрлешĕвĕнче ĕçлекенсен профсоюз райкомĕн председателĕ Н. А. Андреев, райпо председателĕ В. Ф. Юмжаков СССР халăх дпутачĕсен иккĕмĕш съезчĕ, РСФСР, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕсене тата вырăнти Советсене суйлас тĕлĕшпе пыракан кампани çинчен каласа панă, паянхи пурнăçпа çыхăннă çивĕч ыйтусем çине ответленĕ.

Ю. ЮРЬЕВ.

## Тĕллевсем пысăк

**Ялсен сăн-сăпатне çĕнетесси, ялхуçалăх продукцине тирпейлекен предприятисен хăвачĕсене ÿстерессиле — «Чувашспецстрой» трестăн хальхи тĕп тĕллевĕ. Кăçал коллективăн генподряд енĕпе 32,9 миллион тенкĕлĕх ĕçлемелле. Строительствăпа монтаж ĕçĕсен калăпăшĕ пĕлтĕрхинчен 3 миллион тенкĕ чухлĕ пысăкрах.**

Хальхи вăхăтра темиçе бригада Шупашкарти кондитер фабрикин крекер цехне хута яма хатĕрленет. Кунта 700 пин тенкĕлĕх ĕçлемелли юлнă. Çавăн пекех Çĕмĕрлери тата Етĕрнери апат-çимĕç комбиначĕсене реконструкцилеççĕ. Шупашкарти 1-мĕш сăра заводĕнче квас хатĕрлекен цех тăваççĕ.

Пурăнмалли çурт-йĕр, социаллă пурнăç объекчĕсем тăвасси те вăйланать. Кăçал Çĕрпÿре 80 хваттерлĕ, Муркашра 18 хваттерлĕ çуртсене ĕçе кĕртмелле. «Чувашагропромстрой» пĕрлешĕвĕн автобазинче ĕçлекенсем валли 56 хваттерлĕ, Кÿкеç поселокĕнче 60 хваттерлĕ çуртсем тума тытăнаççĕ. Трест мехколоннисенче ĕçлекенсене хваттерпе тивĕстерессиле те лайăхланать. Вĕсем валли Çĕрпÿре икĕ çурт лартма палăртнă.

Трестăн «Степанаванская» мехколонни Арменире çĕр чĕтреннине пула инкек тÿснĕ колхозра çурт-йĕр лартса парать. Кăçал унта пĕр миллион тенкĕлĕх ĕçлеме йышăннă.

Мехколоннăсем пурте аренда йĕрки çине куçнă. Çавна май тупăш ÿсрĕ, строительство объекчĕсенче йĕрке çирĕпленчĕ.

Н. ТИМОФЕЕВА,
трестăн план пайĕн начальникĕ.

Республикăри ялсенче электроэнергипе усă курасси ÿсет. Çака килсенче тĕрлĕ электричество хатĕрĕсемпе усă курнинчен те килет. Пирĕнтен часчасах виçĕ фазăлла токоприемниксем вырнаçтарма тата электроэнергипе пÿрт-çуртсене ăшăтмалла тумашкăн ирĕк ыйтаççĕ. Паллах, çакă вăл çемье бюджечĕшĕн хаклăрах, енчен те пÿрте ăшатма пĕр камин вырнаçтарсан та, уйăхне 10—15 тенкĕлĕх энерги пĕтет, вăтам виçеллĕ пÿрте ăшатма вара 2—3 камин кирлĕ.

## ЭЛЕКТРОЭНЕРГИШĔН — ЙÿНĔ ХАК

Хашпĕр çынсем укçа-тенкĕ «перекетлес» шутпа электроэнергие вăрлама пăхаççĕ. Пĕлтерхи тахар уйăхра кăна Энергонадзор контролерĕсем ялсенче электроэнерги вăрланине пĕр пин ытла, вĕсенчен ытларахăшне кĕркуннехи-çуркуннехи вăхăтра тупса палăртнă.

Ялсенче пурăнакансен ыйтăвне шута илсе тата вĕсен пурăнмалли условийĕсене çăмăллатас тĕллевпе СССР Хаксем енĕпе ĕçлекен государство комитечĕ 1989 çулхи ноябрĕн 24-мĕшĕнчи постановленийĕ халăха электроэнергипе усă курмалли çĕнĕ тариф палăртнă, халĕ ял çыннисем кашни киловатт-сехетшĕн 1 пус тÿлеççĕ.

**Çĕнĕ тариф кăçалхи январĕн 1-мĕшĕнчен вăя кĕчĕ.** Çак тарифпа ял Совечĕсене кĕрекен ялсенче пурăнакансем кăна усă курма пултараççĕ. Тĕслĕхрен, Шупашкар районĕнчи Кÿкеç поселокĕпе çак поселок Советне кĕрекен Патирек ялĕнче пурăнакансем 1 пус тарифĕпе усă курайманççĕ.

Çак тарифпа çавăн пекех поселоксенче, яллă вырăнсенчи дача кооперативĕсемпе юлташлăхсем те усă кураймаççĕ. Электроэнергипе усă курнăшăн 4 пус тарифĕпе республикăри хуласенче, поселоксенче пропискӑра пурăнакансем тата яллă вырăнсенче сутăн илнĕ çуртсемпе усă куракансем тÿлеççĕ.

Çăмăллăхсемпе усă куракансем (вăрçă инвалидĕсем, вăрçăра вилнисен арăмĕсем тата ыттисем) электроэнергишĕн 50 процент чухлĕ, урăхла каласан, кашни киловатт-сехетшĕн 0,5 пус тÿлеççĕ.

Электроэнерги хакĕ чакнă пирки унпа усă курасси ÿсет. Чылайăшĕ электроэнергипе пÿрт-çуртсене ăшăтма усă курасшăн пулĕç. Çавăнпа та тÿрех асăрхаттарар: массăллăн электроэнергипе виçесĕр усă курма тытăнни трансформатор подстанцийĕсен ĕçне йывăрлатать, сетьри напряжение чакарать, çавна май телевизорсем, ытти электричество хатĕрĕсем начар ĕçлеме пуçлаççĕ. Çакна та астумалла: килсенче вырнаçтарнă пĕр фазăлла электросчетчиксем 1 киловатт виçене кăна тÿсме пултараççĕ, çавăнпа та хăватлă электронагревательсемпе усă курнипе вĕсем çĕмĕрĕлме е пушарсем тухма пултараççĕ.

Çавăнпа та çуртсене ăшăтма заводсенче туса кăларнă электронагревательсемпе тата электроэнергие шута илекен приборсем урлă кăна усă курма юрать. Абонентсем çак условие пăсаççĕ пулсан, вĕсен электросетьне татаççĕ.

Çĕнĕ тариф çине йĕркеллĕ куçас тесен, ял çыннисен пĕлтер электроэнергипе усă курнишĕн вăхăтра тÿлемелле.

Ял çыннисене электроэнергишĕн тÿлемелли хака чакарни — пысăк пулăшу, унпа пĕлсе, виçеллĕ усă курмалла.

А. КОНСТАНТИНОВ,
Энергонадзорăн абонент службин начальникĕ.

## ТĂВАН ҪĔРШЫВРА

СССР

ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПĔЛТЕРЕҪҪĔ

### Мускав

Пирĕн ҫĕршывăн мĕнпур кĕтесĕсенчи почтальонсен сумккисем кăҫал палăрсах йывăрланчĕҫ. Хаҫат-журнал ҫырăнса илекенсем «Известия» хаҫат сумĕнче тухакан «Союз» ятлă хаҫатăн пĕрремĕш номерне алла илчĕҫ. Хаҫата пĕтĕмпех пирĕн чăнлăхăн чи ҫивĕч ыйтăвĕсене — нацисем хушшинчи хутшăнусене халалланă. Пĕрремĕш кăларăмра — СССР Верховнăй Совечĕн Национальноҫсен Совечĕн председателĕпе Р. Н. Нишановпа тата РСФСР Министрсен Совечĕн Председателĕпе А. В. Власовпа интервью калаҫу. Кăларăм страницисенче ҫавăн пекех депутатсем нацисем хушшинчи 1990 ҫулхи хутшăнусем пирки мĕн шутлани ҫинчен калакан, ытти интереслĕ материалсем пичетленнĕ.

### Вологда

«Пĕлӳ» обществăн область организацийĕ сумĕнче хуҫалăх расчечĕпе ĕҫлекен «Суйлав» центр уҫăлнă. Вăл халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсене тĕрлĕ ыйтусем консультацисем парать. Центр консультанчĕсем халăх умĕнче тухса калаҫма, хăйсен шухăшĕсене ăнланмалла тата тĕрĕс каласа кăтартма, суйлав кампанийĕн ыйтăвĕсене ирĕклĕн татса пама вĕрентеҫҫĕ.

### Обнинск

Калуга облаҫĕнчи ҫак хулара кашни эрнере тухса тăракан «Депутат» хаҫатăн пĕрремĕш номерĕ кун ҫути курнă. Ăна кăларассине халăх депутачĕсен хула Совечĕн ĕҫтăвкомĕ йĕркелесе янă. Ҫапла вара хăйсем тĕплĕн йĕркеленнĕ тĕрлĕ обществăлла ушкăнсем ĕҫтăвком работникĕсем уҫăмлăхран хăраҫҫĕ тесе ҫирĕплетин тĕрĕс мар пулнине кăтартса панă. Суйлавҫăсене хаҫат депутата суйлама тăратнă кандидатсем вырăн тата союз пĕлтерĕшлĕ тĕрлĕ ыйтусем ҫине мĕнлерех пăхнипе паллаштарать, суйлав кампанийĕпе сыхăннă ыйтусем ҫине ответлет.

### Мурманск

Январĕн пирвайхи кунĕсенче Кола ҫурутравĕ ҫинче ҫĕр шăтармалли ҫĕнĕ тапхăр пуҫланнă. Буровиксем ҫĕр айĕнчи рудасен пирвайхи тĕслĕхĕсене 12.070 метр тарăнăшĕнчен кăларнă. Коллектив кăҫалах 13 пин метр тарăнăшне ҫитме [illegible]

# ХАРПĂРЛĂХ.

## Вăл камăн аллинче пулмалла?

Харпăрлăх ҫинчен калакан Закон проектне пĕтĕм халăхпа сӳтсе явма тăратнă. Пире вăл мĕн парать, ăҫталла илсе каять: каялла «пурте ылхаланакан вăхăта» е малалла, «ҫутă пуласлăха»? Закон проектĕнче харпăрлăха, уйрăм ҫыннăн харпăрлăхĕсĕр пуҫне, тĕрлĕ ят пама сĕннĕ. Нумайăшне, законпа ҫирĕплетĕс пулсан, ыттисен ĕҫне пусмăрламалли — «эксплуатаци» тумалли май пулни хăратать. Чăнах та, эпир пурте пĕтĕм халăх (государство, тата тĕрĕсрех — министерство-ведомство) харпăрлăхĕ пирки пĕр пек шутлама хăнăхнăскерсем, унăн ытти формисем ҫинчен кĕнекесенчен сес вуласа пĕлнĕ. Ҫавăнпа пирĕн чунра харпăрлăха хирĕҫлес иммунитет ҫирĕпленнĕ.

Пирĕн ҫĕршывра 20-мĕш ҫулсен пуҫламăшĕнче гражданла вăрҫă хыҫҫăн «ҫар коммунизмĕн» политикине пăрахăҫлама — пурне те пĕр пек валеҫнинчен продналог патне куҫма тивнĕ.

В. И. Ленин ҫакăнтан хăраса тăман, пачах урăхла, совет предпринимательсене культурăллă ĕҫлеме тата суту-илӳ тума, «ахаль приказчикпа, ахаль капиталистпа, купцапа... ăмăртса» вĕренме сĕнтерме чĕнсе каланă. Ҫĕнĕ экономика политикин темиҫе ҫул хушшинчех Российăна гражданла вăрҫă ишĕлчĕкĕсенчен кăларма, апат-ҫимĕҫ ытлашшипех тата йӳнĕ хакпа туса илме май панă. Ҫакна палăртатăп: ун чухне уйрăм ҫынсен капиталне государство енчен тĕрĕслесе тăнă, социализма хуҫалăхăн кирлĕ отраслĕсемпе объекчĕсем — пысăк промышленность (ҫĕркăмрăк, металлурги, нефть машиностроени, пир-авăр промышленноҫĕ), банксем, шыв тата чугун ҫул транспорчĕ, тулашри суту-илӳ, ресурссем государство аллинче пулнă. Общество чухăн, вăтам тата пуян ҫынсен пурнăҫ шайне демократиллĕ майпа пĕчĕккĕн пĕрпеклетесси патне пынă. Российăра, тĕслĕхрен, ҫĕршер кооперативлă издательство шутланнă, тĕрлĕрен обществăлла юхăмсемпе партисен хаҫачĕсем пичетленнĕ, ҫĕнĕ власа хирĕҫ тăракансен кĕнекисем те тухнă.

Каярахпа, «социализмăн аслă теоретикĕ» Сталин пуҫ пулса тăнă тапхăрта, уйрăм ҫынсен «предпринимательствине» пĕтерсе тăкнă. Статуйăмне вăратма шутлатпăр. Йывăр задача. Хамăрăн «социализмла хуҫа» кирлĕ. Вăл вара хуҫалăха тытса пымалли ирĕклĕх тата туса кăларакан продукцишĕн ответлăх пур чухне, хăй йышши производительсемпе конкуренци пур чухне кăна хăйне кăтартма пултарать. Кунта экономикăра «социализм тăшманĕсĕр» — уйрăм ҫынсен харпăрлăхĕсĕр ĕҫ тухнăҫламан плансемпе графиксенчен, суя отчетсенчен хăтăлма, бюрократла аппарат айĕнчи пукана илсе пеме пулăшĕ.

Эксплуатаци пирки. Ҫак информаци шухăша ярать: аталаннă ҫĕршывсенче рабочие ĕҫĕн 70 процентне тӳлеҫҫĕ, пирĕн ҫĕршывра вара —20 процентне ҫеҫ.

Кооперативсем, аренда, прозводительсен ассоциацийĕсем, акцисемпе суту-илӳ туни — кусем пурте хальхи вăхăтри НЭП. Вĕсен пирĕн экономикăна пуҫ ҫинчен ура ҫине тăратмалла, мĕншĕн тесен кооперацин — бюрократла кăтартусенчен ирĕклĕ, обществăшăн та, ҫынсемшĕн те усăллă ĕҫ. Кооперативсем, государство предприятийĕсемпе танлаштарсан, чылай демократиллĕрех. Вĕсем дотацисĕр, хăйсаплавлăхпа хăйтӳлевлĕх меслечĕпе пурăнаҫҫĕ, ҫынсене паян мĕн кирлине шута илсе, вăл е ку продукцие кăлараҫҫĕ, ассортимента улăштарсах тăраҫҫĕ.

### Шухăшлаттаракан, хумхантаракан ыйту

...линла «социализм», унăн авторĕн шучĕпе, социализмла таса принципсене кăна тытса пыма тивĕҫ, вĕсене улăштарма юрамасть имĕш. Хытса ларнă ҫак шухăш мĕн патне илсе ҫитерни халĕ эпир лайăх пĕлетпĕр: обществăлла производствăшăн, юлашкинчен пулакан ĕҫшĕн — таваршăн ҫунса тăмасть, унăн пахалăхне лайăхлатассишĕн тăрăшмасть, вăтам ĕҫ укҫипех килĕшсе пурăнать е, пачах урăхла, кирек мĕнле майпа пуйма ĕмĕтленет, ҫамрăк ăрăвăн нравственноҫĕ чакнă. Халĕ ҫак пулăма «обществăлла продукт туса кăларакан ҫын писни» тетпĕр. Пурте кăмăллă: уйрăм ҫын харпăрлăхĕ ҫук, пурте пĕр тан тата пурте тенĕ пекех начар пурăнаҫҫĕ. Нивушлĕ малашне те ҫапла пурăнăпăр, тĕрĕсрех каласан, инкекре пăрахман, пире тăрантаракан-тумлантаракан тата хавхалантарса пыракан ырă Совет влаҫĕ ҫине ҫеҫ шанса тăрăпăр?

Эпир халĕ вăйпа хуҫа шыратпăр, унăн «чи пысăк тĕреслĕх» ҫулĕ ҫинче ҫухалнă масть. Пĕтĕм майсем пĕтнĕ, хуҫалăх расчечĕн тĕрлĕ моделĕсене, подряд формисене тĕрĕслесе пăхнă пулин те, лав вырăнтан хускалман чухне, уйрăм ҫынсен харпăрлăхне сивлемелле-ши? Пĕчĕк тата вăтам производство, суту-илӳ хăйсене тӳрре кăларĕҫ. Ҫак тĕллевпе мĕншĕн уйрăм ҫынсене хăйсен укҫинкине юратнă ĕҫне хывма ирĕк парас мар?

Ҫынсен ыйтăвĕсене тивĕҫтерекен хăшпĕр кантурсене, пĕчĕк кафесемпе столовăйсене, магазинсене, тирпейлекен тата ытти хăшпĕр пысăк мар предприятисене, организацисене тата учрежденисене государствăн «денационализаци» тума — уйрăм ҫынсен аллине пама юрать. Ун чухне экономикăна, обществăлла производствăна сыватма, продукци пахалăхне ӳстерме, ҫĕнĕ техникăпа усă курма май пулĕ. Анчах каялла утăм тăвасран («кулак» тесе ят парасран е ҫĕнĕрен национализацилесрен) вĕсене законпа хӳтĕлемелле. Конкуренци — лайăх япала. Вăл социализмла обществăра пурсен кĕнекине 5 тенкĕпе сутать, тĕрĕссипе ун хакĕ 1,5 тенкĕрен иртмест. Ҫак кооперативăн ку енĕпе ĕҫлеме прави те, тивĕҫлĕ статусĕ те ҫук.

Паллах, хăшпĕр кооператорсем преступниксемпе «ҫыхланса кайни» пăшăрхантарать. Тĕслĕхрен, Шупашкарти сакăр кооператива виҫшер хут судпа айăпланнă ҫынсем ертсе пыраҫҫĕ. Нумай кооператив пуҫ тĕллев лартнă. «Аккорд» кооператив «Взгляд» телепередачăна ертсе пыраканпа тĕлпулу йĕркелерĕ, уншăн кашни ҫынран 4 тенкĕ сăптăрса илчĕ. Ленинградри «Оркон» кооперативăн Чăваш филиалĕ сăвă...

Кооператив юхăмĕнче йĕркене пăсни мĕншĕн тĕл пулать-ха? Сăлтавĕсем нумай. Вĕсенчен пĕри СССРти кооперации ҫинчен калакан Законрах, уйрăммăн илсен, кооперации уҫасси ҫинчен палăртнă статьяра йĕркене пăсмалли май пур. Законпа килĕшӳллĕн, виҫĕ ҫын пухăнса вырăнти власть органне заявлени пани те ҫитет. Диплом та, малтанхи ĕҫрен характеристика та ыйтмаҫҫĕ. Рекомендаци те кирлĕ мар. Государство учрежденине, завода е фабрикăна ĕҫе вырнаҫассине вара мĕнле йĕркеленĕ? Вĕренни ҫинчен документ, малтанхи ĕҫрен характеристика кăтартмалла, ĕҫ стажне, эс кам пулнине ыйтса пĕлеҫҫĕ, тĕрĕслев срокĕ параҫҫĕ. Кооперативсенче пачах урăхла.

Ман шутпа, госпредприятие ĕҫе вырнаҫмалли йĕркепе кооперативсенче те усă курмалла. Унсăр пуҫне, ĕҫтăвкомсенче регистрациленĕ чухне кооперативсен пулас ĕҫ программипе, туса кăларма палăртнă продукцисемпе е халăха пулăшу пама пăхнă ĕҫсемпе тĕплĕнрех паллашмалла. Кооперативсем государство предприятийĕсемшĕн мар, халăхшăн ĕҫлеччĕр.

Ҫакăн пек ыйту сиксе тухать: госпредприятисемпе кооперативсем валли чĕртавар, материал, ĕҫ хатĕрĕ ҫитет-и-ха? Ресурссемпе мĕншĕн тирпейсĕр усă куратпăр? Чĕртаварпа материалсене, ресурссене, пĕчĕк тупăшлă предприятисене париччен, кооперативсене тупăшлă, уйрăмах кирлĕ таварсем туса кăларма тата пулăшу ĕҫĕсем туса пама ярсан, лайăхрах пулмĕши?

Ҫак ĕҫ формисем пурте харпăрлăх ыйтăвĕпе тачă ҫыхăннă. Государство тивĕҫлипе контроллесе тăрсан тата пулăшсан, производствăна аталантарма тата хăйхаклăха чакарма хавхалантарса пырсан ҫеҫ уйрăм предпринимательсен ĕҫĕ ăнса пырĕ.

Халĕ, паллах, уйрăм ҫынсен пĕчĕк тата вăтам «предпринимательстви» малашне мĕнле аталанассине калама йывăр. Анчах производствăпа обществăна кăштах «капитализацилесси» — кускĕрет. Пирĕн ҫĕршывра обществăлла ĕҫри ҫирĕп коллективизм традицийĕсем обществăна пĕр енчен тепĕр енне сулăнтарассинчен сыхласса шанатăп. Кашниех кӳршĕрен мар, хăвăртан хăвăр ыйтăрха: харпăрлăх хуҫи — частновладелец е ĕҫе илнĕ рабочи пулас килет? Ман шутпа, ĕҫшĕн лайăх тӳлесен тата ăна хакласан, иккĕмĕшĕ пĕрремĕшĕнчен хисеплĕрех. Ҫак ыйту пирки те шутласа пăхар-ха: мĕншĕн Хĕвеланăҫ Европăри нумай ҫĕршывра тата Америкăра ыркăмăллăх тени халăхăн тĕрлĕ ушкăнĕсенче, коллективсенче, организацисенче анлă сарăлнă? Мĕншĕн пĕр-пĕрне ăнланасси, пулăшасси «унта» ют пурлăха хапсăнассинчен ытларах тĕл пулать? Сăлтавĕ обществăн кашни членĕн, ҫав шутра уйрăм предпринимательсен ĕҫне пула пурнăҫ шайĕ пысăкрах пулнинче мар-и? Ыйту халь сакăн пек тăрать: е госпредприятире кашни ĕҫлекене — директортан пуҫласа курьер таран е уйрăм предпринимательсене анлă ҫул памалла? Урăхла ҫул ҫук. Ҫавна май государствăн, халăх хуҫалăхĕнчи тĕп отраслĕсене хăй аллинчех хăварса, опытлă регулировщик пек, экономикăри тата политикăри юхăма йĕркелесе пымалла.

**Н. ГЕРАСИМОВА,**
**Чăваш кĕнеке издательствин редакторĕ.**

● *Ҫак статьяшăн тивекен гонорара «Хĕрлĕ хĕрес» обществăн комитетне Шупашкарти Жилсоцбанк управленийĕн 700901-мĕш счечĕ ҫине куҫарма ыйтатăп.*

*Сирĕн ыйтăва мĕнле тивĕҫтереҫҫĕ?*

## Аслă ҫул хĕрринче

Чкаловскинчи хуҫалăх таварĕсен магазинĕ аслă ҫул ҫинче вырнаҫнă. Унта яланах халăх йышлă. Тараватлă сутуҫăсем пурипе те ҫепĕҫ калаҫаҫҫĕ, тавар суйласа илме пулăшаҫҫĕ. Ҫавăнпах пуль кунтан никам та пуша алăпа тухмасть.

Магазин заведующийĕ Г. Багаутдинова ҫирĕп коллектив чăмăртанă. Г. Якушева, Р. Мезитова, Х. Айпетдинова, Р. Валитов, Ш. Хуспетдинова сутуҫăсем кунта чылайранпа ĕҫлеҫҫĕ, тавар туянакансен ыйтăвне туллин тивĕҫтерме тăрăшаҫҫĕ. Магазинта таса та тирпейлĕ, тавар хакĕсене курăнмалла ҫырса ҫапнă. Вăл е ку тавар паян пулмарĕ пулсан, ăна уйрăм тетрадь ҫине ҫырса хураҫҫĕ, илсе килсен, халăха пĕлтереҫҫĕ. Анчах заведующи тавара илсе парасса кĕтсе лармасть. Шупашкар, Канаш универбаасене хăй ҫитет, Вăрмартан та тавар кӳрсе килет.

Коллектив таварҫаврăнăш планĕсене уйăхсерен ирттерсе тултарать. Уйăхсерен вăтамран 80 пин тенкĕлĕх тавар сутаҫҫĕ кунта. Ахальтен мар асăрхаттарусемпе сĕнӳсен кĕнекинче те тав туса ҫырнă йĕркесем кăна.

— Ҫĕсем тата лайăхрах пымалла, тавар кӳрсе килме транспорт сахал уйăрни чăрмантарать. Ăна шыраса вăхăт нумай иртет, — пăшăрханса пĕлтерет магазин заведующийĕ Г. Багаутдинова.

**А. ИЛЬИН,**
**обществăлла корреспондент.**
**Патăрьел районĕ.**

*Республика тулашĕнчи чăвашсем патĕнче*

# ҪĔПĔР САЛАМĔ

ПУЛСА курнă-и эсир Кузбасра? Вăл тĕлĕнмелле пуян регион. Хăшпĕр ҫынсем Ҫĕпĕрĕн тĕп хули Новосибирск тесе шутлаҫҫĕ. Эпир, Кемерово облаҫĕнче пурăнакансем, ҫакăнпа килĕшесшĕн мар. Мĕншĕн тесен Ҫĕпĕр ытларах Кузбас (Кузнецкий бассейн) пуррипе паллă, вăл шăлах Ҫĕпĕр варринче вырнаҫнă, урăхла каласан, хăватлă Ҫĕпĕрĕн «чĕри» шутланать.

Ҫĕпĕрте авалтанпах чăвашсем йышлăн пурăннă. XIX ĕмĕр вĕҫĕнче Кузбаса телей шыраса Атăлпа Урал тăрăхĕнчен пин-пин чăваш куҫса килнĕ. Хăшĕсем шахтăра ĕҫленĕ, ҫĕркăмрăкĕ кă... Халăхра вара ял ятне пурĕпех Чуваштруд, теҫҫĕ.

1980 ҫул пуҫламăшĕнче Каменная вукултă ҫухрăм аякрах вырнаҫнă вырăссемпе белоруссем пурăнакан Поперечнăй ялĕпе пĕрлештерчĕҫ, «Каменский» совхоз туса хучĕҫ. Январĕн 6-мĕшĕнче эпир совхозăн пĕрремĕш юбилейне паллă турăмăр.

ПИРĔН хуҫалăхра 582 ҫын ĕҫлет. Ҫакă интереслĕ — вĕсем хушшинче вуникĕ тĕрлĕ халăхран тухнă ҫынсем. Ҫитмĕл процент ытларах — чăвашсем. Совхозăн главнăй зоотехникĕ Александр Михайлович, унăн арăмĕ ветеринари врачĕ Галина...

# ЧĂВАШ АССР ХАЛĂХ КОНТРОЛЬ КОМИТЕТĔНЧЕ

## Пахалăх тĕп вырăнта пултăр

Тĕрĕслев иртерсе ҫакна палăртнă: релестроении Пĕтĕм Союзри наука тĕпчев тата проектпа конструктор, технологи институтĕнче ҫĕнĕрен изделисем хатĕрлес, вĕсене сăнаса пăхас енĕпе тăтса паман ыйтусем те пуртатса паман ыйтусем те пур-ха. Сăмахран, сăнавпа технологи ĕҫĕсен шайĕ паянхи кун ыйтăвĕсене тивĕҫтермест. Институт хăй туса хатĕрлекен хăшпĕр изделисен хакне ним сăлтавсăр ӳстерсе ярать, ҫакă ăна финанс тĕлĕшĕнчи лару-тăрăва лайăхлатма кирлĕ. Изделисен... раймар. Сутлăх продукци 112 пин тенкĕлĕх парса ситереймен. Предприяти экономика кăтартăвĕсем енĕпе пилĕк ҫуллăх планра палăртнă шайран чылай юлса пырать.

Производство кăтартăвĕсем пĕлтĕр те япăхланнă. Вагонсене графикпа палăртса хунă вăхăтра юсаса параймарĕ. Шăратнă чугун нумай парса ситереймен. Угле[illegible] планпа палăртнинчен чылай сахалрах хатĕрленĕ. Ĕҫ укҫи шайĕ ĕҫ тухăҫлăхĕнчен хăвăртрах ӳссе пырать. Хатĕр вагонсене ăсатмалли договор обязательствисем чылай чухне пурнăҫланмасăр юлаҫҫĕ.

Заводра производствăлла экономикăна тытса пымалли ҫĕнĕ меслетсем ҫине куҫма, ҫав шутра хуҫалăх расчечĕпе ĕҫлеме тĕплĕн хатĕрленмен. Ҫĕнĕ меслет ҫине кус... уйăрса пама ыйтнине пур чухне те туллин тивĕҫтермест. Сăмахран, «Колобок» ясли-сад иртнĕ ҫул вĕҫĕнче ҫĕрулми, пахчаҫимĕҫ, улма-сырла, сĕт продукчĕсемпе сăмарта чылай илсе ситермен. Ытти йышши продуктсем парса тăрас тĕлĕшпе кăлтăксем тăтăшах сиксе тухаҫҫĕ.

Яслисемпе садсене ачасем валли хатĕрлекен апат пахалăхĕ япах. Тĕрĕслев иртерсе кун «Колобок» садра тефтельсене технологие пăсса хатĕрленĕ, вĕсен виҫи нормăла палăртнинчен сахал пулнă. Ытти апатсем те тутлăхĕ енчен начарри палăрнă.

Муркашри санэпидстанци работникĕсем ҫакнашкал йĕркесĕрлĕхсене курмăш пулаҫҫĕ, ача-пăча учрежденийĕсенче вĕсем питĕ сайра пулаҫҫĕ. Райпо руководителĕсем те магазинсем ачасем...

тĕплĕн йĕркеленнĕ тĕрлĕ обществăлла ушкăнсем ĕçтăвком работникĕсем уççăнлăхран хăраççĕ тесе çирĕплетни тĕрĕс мар пулнине кăтартса панă. Суйлавçăсене хаçат депутата суйлама тăратнă кандидатсем ыйăн тата союз пĕлтерĕшлĕ тĕрлĕ ыйтусем çинче мĕнлерех пăхнипе паллаштарать, суйлав кампанийĕпе çыхăннă ыйтусем çине ответлет.

## Мурманск

Январĕн пирвайхи кунĕсенче Кола çурутравĕ çинче çĕр шăтармалли çĕнĕ тапхăр пуçланнă. Буровиксем çĕр айĕнчи рудасен пирвайхи тĕслĕхĕсене 12.070 метр тарăнăшĕнчен кăларнă. Коллектив кăçалах 13 пин метр тарăнăшне çитме шутлать. Забой халĕ Çĕр сийĕн сейсмологи тĕлĕшĕнчен тĕпчемен чикки патне çывхарса пырать. Ученăйсем шутланă тăрăх, çакă вăл Çĕрĕн çиеле тухман диорит сийĕ пулса тăрать. Çак сий геологи тĕлĕшĕнчен мĕнле пулса кайнине тишкерни Тăван çĕршыв наукине тата тĕнче геологийĕн практикине, çавăн пекех Çĕр çинчен калакан наукăна аталантарас тĕлĕшпе пысăк вăй хуни пулса тăрать.

## Гурьев

Январĕн 5-мĕшĕ — Гурьев çыннисен пурнăçĕнче уйрăмах паллă кун. Шăпах çитмĕл çул каярах чапа тухнă 25-мĕш дивизин часĕсем, Чапаев вилнĕ хыççăн вĕсен командирĕ 22 çулхи И. С. Кутяков пулса тăнă, хулана шурă казаксенчен ирĕке кăларнă. Хулари чи авалхи урамсенчен пĕрниче уяв пулса иртнĕ. Çамрăксем Пешной утравĕ çине йĕркеленĕ похода хутшăннă, унта граждан вăрçин паттăрĕсене асăнса лартнă стелла умне чечек кăшăлĕсем хунă.

## Октябрьск

Таджикистанри Хатлон облаçĕнчи Куйбышев ячĕпе хисепленекен колхозра çĕрмамăк пухса кĕртекенсен пăтăр семйи пĕр харăсах çĕнĕ çуртсен уççисене илнĕ. Çуртсене хуçалăх укçи-тенкипе туса лартнă. Çĕрмамăк çитĕнтерессине тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине республикăра чи малтан бригадăпа çемье подрячĕсем çине куçарнă Совхоз кăçал пурăнмалли çурт-йĕр тата социаллă объектсем тума икĕ миллион тенкĕ ытла уйăрнă.

## Усть-Ордынский

Бурят автономиллĕ округне кĕрекен Усть-Ордынский хулинче пурăнакансем вырăнти халăх чĕлхипе кăларнă хаçата алла илнĕ. Çĕнĕ кăларăм тăван чĕлхене пропагандăлать, бурят литературин классикĕсен произведенийĕсене пичетлет.

# САЛАМЕ

ПУЛСА курнă-и эсир Кузбасра? Вăл тĕлĕнмелле пуян регион. Хăшпĕр çынсем Çĕпĕрĕн тĕп хули Новосибирск тесе шутлаççĕ. Эпир, Кемерово облаçĕнче пурăнакансем, çакăнпа килĕшсеймĕн мар. Мĕншĕн тесен Çĕпĕр ытларах Кузбас (Кузнецкий бассейн) пуррипе паллă, вăл шăпах Çĕпĕр варринче вырнаçнă, урăхла каласан, хăватлă Çĕпĕрĕн «чĕри» шутланать.

Çĕпĕрте авалтанпах чăвашсем йышлăн пурăннă. XIX ĕмĕр вĕçĕнче Кузбаса телей шыраса Атăлпа Урал тăрăхĕнчен пин-пин чăваш куçса килнĕ. Хăшĕсем шахтăра ĕçленĕ, çĕркăмрăкĕ кăларнă, ытларах йышĕ вара ялсенче пурăннă. Кемерово облаçĕнче чăвашсем çирĕм ытла ял пуçарса янă. Вĕсенчен пĕри — эпĕ пурăнакан Каменный поселокĕ.

Иртнĕ ĕмĕрте çак вырăнта сĕм вăрман-тайга пулнă. Анчах та хăшпĕр çĕрте, уйрăмах çырмасен айккипе, Уралăн сылтăм енчен куçса килнĕ ирĕклĕ чăвашсем пурăннă. Шăпах вĕсем патне ĕнтĕ утмăл çул каялла Елчĕк районĕнчи Лаш-Таяпа ялĕнчи чухăн хресченсем — Григорий Емельянов, Федор Михеев, Василий Никитин, Николай Трофимов, Василий Кондратьев, Андрей Ефремов килсе çитнĕ. Епхӳ тăрăхĕнчи чăвашсем сĕннипе лаштаяпасем Крапивинăри район Советне кайнă, хăйсене çырма-çатра айккинчи пушă выртакан çĕрсене пама ыйтнă. Чăвах та, телей шыракансене Иван Харитонов кулакăн çĕрне уйăрса панă. Вĕсем вара «Чуваштруд» ятлă артель чăмăртама пуçланă.

30-МĔШ çулсен варринче «Чуваштруд» колхоза Елчĕк, Вăрнар, Çĕрпӳ районĕсенчен вун-вун çемье куçса килнĕ. Пирĕн хуçалăха Елчĕк чăвашĕ Александр Александрович Кадкин ертсе пынă. Вăл ĕçленĕ вăхăтра колхозра пурте чăвашла калаçнă, тулли мар вăтам шкулта тăван чĕлхе вĕрентнĕ. Сăмах май каласан, Кемĕровăра чĕрĕк ĕмĕр ытла чăваш учителĕсем кăларакан педагогика училищи ĕçленĕ.

Пирĕн яла утмăлмĕш çулсен пуçламăшĕнче çӳлтен хушнипе «Каменный» ят панă. Çав вăхăтрах поселок теме пуçланă, ялти шкулта чăвашла вĕрентме чарнă. Çапла, 1960-мĕш çултанпа кунта чăвашла вĕрентмесçĕ.

Халăхра вара ял ятне пурпĕрех Чуваштруд теççĕ.

1980 çул пуçламăшĕнче Каменная вунултă çухрăм аяккарах вырнаçнă вырăссемпе белоруссем пурăнакан Поперечнăй ялĕпе пĕрлештерчĕç, «Каменский» совхоз туса хучĕç. Январĕн 6-мĕшĕнче эпир совхозăн пĕрремĕш юбилейне паллă тăватпăр.

ПИРĔН хуçалăхра 582 çын ĕçлет. Çакă интереслĕ — вĕсем хушшинче вуникĕ тĕрлĕ халăхран тухнă çынсем. Çитмĕл процент ытларах — чăвашсем. Совхозăн главнăй зоотехникĕ Александр Михайлович, унăн арăмĕ ветеринари врачĕ Галина Васильевна Мишинсем — Вăрнар тăрăхĕнчен, совхоз директорĕн заместителĕ Николай Прокопьевич Спиридонов, партком секретарĕ Сергей Федорович Арзамасов, Юрий Иванович Качканов экономист, фермăсен заведующийĕ Василий Ильич Сергеев, Борис Владимирович Доброхотов инженер — Елчĕк тăрăхĕнчи чăвашсем.

Эпĕ хам Лаш-Таяпа ялĕнче 1948 çулта çуралнă. Тăвансем чĕннипе пирĕн çемье 1962 çулхи мартра Кузбаса куçса килчĕ. Сакăр класс вĕренсе пĕтерсен Омскри ялхуçалăх техникумне кайса кĕтĕм. Совет Çарĕнче службăра пулнă хыççăн Новосибирскри ялхуçалăх институчĕн экономика факультетне вĕренсе пĕтертĕм.

Тăван поселока «хĕрлĕ дипломпа» таврăнсанах, 1980 çулта, мана тин çеç йĕркеленĕ совхоз директорĕ чĕнтерчĕ, хăйĕн заместителĕ пулма сĕнчĕ. Килĕшрĕм. Çак ответлă ĕçре сакăр çул пĕр улшăнмасăр ĕçлерĕм. Висĕмçул вара профсоюз комитечĕн председательне суйларĕç.

Профком председателĕ — интереслĕ ĕç. Кашни çынна витĕр пĕлсе тăмалла, кам мĕнпе сывлать, кам мĕнле ĕçлет е ăçта пушă вăхăт ирттерет — профком председателĕн пурне те пĕлмелле. Нумай пулмасть, декабрь пуçламăшĕнче, отпускра пултăм. Пĕр эрне хам çуралса ӳснĕ ялта — Лаш-Таяпара тата чăвашсен тĕп хулинче — Шупашкарта пурăнтăм. Эпĕ пĕр вĕçĕмсĕр юлташсемпе тăвансен ытамĕнче пултăм темелле.

МАНАН çемье пĕчĕк мар. Арăмпа, совхоз бухгалтерĕпе Алена Анатольевнăпа висĕ ывăл çитĕнтеретпĕр: Сережа, Женя тата Петя. Ачасене чăвашла вĕрентесшĕн. Тĕрĕсрех каласан, вĕсем чăваш чĕлхине ăнланаççĕ, кăшт калаçаççĕ те, анчах шкулта пĕрремĕш класранах вырăсла. Ывăлсем валли çеç мар, поселокри ытти ачасем валли те эпĕ Шупашкартан чăваш букварĕсемпе словарĕсем, тăван чĕлхепе çырнă вуншар кĕнеке илсе кайрăм. Çĕнĕ çул парни вырăнне пултăр, терĕм. Чăннипех те, манăн парнесем питĕ вырăнлă пулчĕç, пурте савăнчĕç. Манăн арăм — белоруска, вăл та халь ачасемпе пĕрле хутран-ситрен чăваш кĕнекисене вулать, тăрăшсах манăн тăван чĕлхене вĕренет. Çапла пулмалла та пуль, мĕншĕн тесен пирĕн поселокра пилĕкçĕр ытла чăваш пурăнать.

Çĕпĕре каялла таврăнсан, шкулаваскарăм. Çитĕнекен ăру çине пăхсан, ача-пăчапа ăшшăн калаçсан, савăнтăм та, хурлантăм та. Паллах, вĕсен çутă пуласлăхĕ, вĕсен пурте пурри савăнтарать. Анчах шкулта чăваш ачисемех чăвашла калаçманни, вуламанни, юрламанни хурлантарать çеç мар, тарăхтарать те. Çĕнĕ çул уявĕн репертуарĕнче пĕр чăвашла номер та çук иккен. Акă мĕн патне илсе çитерне пире пăнтăх вăхăт.

Шкулта пулнă хыççăн çĕрĕпе çывраймарăм, тăван халăхăн шăпи пирки шухăшларăм. Тепĕр кунне вара ир-ирех район центрне — Крапивино поселокне тухса утрăм. Райĕçтăвкомра ялан-хи пекех таравăтлă кĕтсе илчĕç. Анчах та халăха вĕрентес ĕç пайĕнчен мана сиввĕн ăсатса ячĕç. Унта эпĕ хамăр поселокри шкулта чăваш класĕсем уçасси пирки сăмах тапратрăм, мана вара бюрократсем ăнланасшăн та пулмарĕç. Çĕпĕрте çĕнĕрен чăваш шкулĕсем уçма çăмăл мар, паллах, апла пулин те, эпĕ ку тĕлĕшпе малалла ĕçлеме, «çапăçма» хатĕр. Ку тĕлĕшпе Кемерово облаçĕнчех ырă тĕслĕхсем пур: Ижмор районĕнчи Симбиркăри, Прокопьевск районĕнчи Михайловкăри вăтам, Топки районĕнчи Терехинăри тулли мар вăтам шкулсенчи хăшпĕр классенче пĕлтĕр чăвашла вĕрентме пуçланă.

МАН ШУТПА, Çĕпĕрти вун-вун чăваш ялĕнче, çавăн пекех хăшпĕр райцентрсенчи шкулсенче те çитес вĕренӳ çулĕнчен пуçласа чăвашла вĕрентме тытăнмалла. Тепĕр хут калатăп: çакă çăмăл ĕç мар. Тен, пире, Çĕпĕрти чăвашсене, ку тĕлĕшпе Шупашкарта нумай пулмасть йĕркеленĕ Чăвашсен общество-культура центрĕ (ЧОКЦ) пулăшу парĕ?

Çапла, çĕнĕ çулта çĕнĕлле, тухăçларах, хăватларах, Атăл синче пурăнакан чăн-чăн чăвашсемпе туслă çыхăнса ĕçлес килет.

**А. ПЕТРОВ,**
**Кемерово облаçĕнчи «Каменский» совхозри профком председателĕ.**

© А. Петров.

# «Тăван кĕтес—Ульяновск çĕрĕ...»

Чăваш писателĕ тата журналисчĕ Анатолий Ермилов (псевдонимĕ Юман) ĕмĕр тăршшĕпех Ульяновск облаçĕнчи Чăнлă районĕнче ĕçлесе пурăнать. Вăтам шкул хыççăн район хаçатне пырса кĕнĕ те паян кунччен унта ĕçлет. Редактор заместителĕ, чăвашла тухакан хаçата редакцилет. Чăнлă районĕнчи чăвашсем райхаçата вуншар çул хушши тăван чĕлхепе юратса вулаççĕ.

Анатолий Юман пултаруллă журналист çеç мар, ăста поэт та, Чăваш кĕнеке издательствинче унăн висĕ сăвă кĕнеки пичетленсе тухнă. СССР Писательсен союзĕн членĕн сăввисемпе поэмисем тĕрлĕ хаçат-журналта халĕ те час-часах кун çути кураççĕ.

Анатолий Юманăн публицистика статйисене, сăввисемпе поэмисене облаçра тухса тăракан хаçатсенче тăтăшах курма пулать. Вĕсенче ытларах чухне Чĕмпĕр чăвашĕсен пурнăçĕпе ĕçĕ-хĕлĕ, ĕмĕчĕ-тĕллевĕ çинчен сăмах пырать. Вăл — облĕçтăвком çумĕнче нацисем хушшинчи хутшăнусемпе ĕçлекен комисси членĕ. Çыравçă-коммунистăн ăсталăхне, тăрăшулăхне пысăка хурса хакланă — ăна Ульяновск облаçĕнчи журналистсен организацийĕн М. И. Ульянова ячĕпе хисепленекен преми лауреачĕн хисеплĕ ятне панă, КПСС Ульяновск обкомĕпе облĕçтăвкомĕн Хисеп грамотисене парса чысланă.

Нумаях пулмасть «Ульяновская правда» хаçат хăйĕн пĕр страницинче А. Юман пултарулăхĕ çинчен тĕплĕн каласа панă. Кунта пичетленнĕ «Тăван çĕре юратнăран» статьяра Чăваш АССР культурин тава тивĕçлĕ работникĕ Юхма Мишши писатель Анатолий Юманăн поэзине пăхса тухать, тăван халăхшăн тунă ĕçĕсене хаклать. «Ачалăхăмри ялăм» тĕрленчĕкре поэт хăйне савса сиктернĕ Чăвашкассине, тăван ялĕнчи И. Я. Яковлев уçнă шкула, учительсене ăшшăн аса илет.

«Курни, чун витĕр тухни сăвва хыванать» ятпа тухнă страницăра поэта хăйĕн ентешĕсемпе пĕрле сăнлакан фотоӳкерчĕк, вăл çырнă «1870 çулхи апрелĕн 10/22-мĕшĕ», «Шăпа» сăвăсем, «Атте килĕ» поэма пур.

**А. ВРАЖКИН.**

# Пахалăх тĕп вырăнта пултăр

Тĕрĕслев иртгерсе çакна палăртнă: релестроенин Пĕтĕм Союзри наука тĕпчев тата проектпа конструктор, технологи институтĕнче çĕнĕрен изделисем хатĕрлес, вĕсене сăнаса пăхас енĕпе татса паман ыйтусем те пурха. Сăмахран, сăнавпа технологи ĕçĕсен шайĕ паянхи кун ыйтăвĕсене тивĕçтермест. Институт хăй туса хатĕрлекен хăшпĕр изделисен хакне ним сăлтавсăр ӳстерсе ярать, çакă ăна финанс тĕлĕшĕнчи лару-тăрăва лайăхлатма кирлĕ. Изделисен хакĕ тĕрлĕ накладнойсен шучĕпе уйрăмах ӳссе каять.

Институтра пĕр йышши изделиех потребительсене тĕрлĕ хакпа сутасси сарăлнă. Çапла майпа пĕлтĕр ĕç калăпăшне 130 пин тенкĕлĕх ытла ӳстерсе янă. Пĕркене пăсса сав суммăран ĕç укçи фондне 60 пин тенке яхăн куçарнă. Тĕрлĕ предприятисене пневмоотверткăсем, Шупашкарти электроаппаратура заводне сваркăн çурма автомачĕсене çапла майпа хаксене ӳстерсе панă пулнă, ку вăл тупăш хисепне 2,4 хут ӳстернĕ, вăтам ĕç укçи 44,1 процент таран пысăкланнă.

Институт руководстви СССР Наукăпа техника государство комитечĕ çирĕплетнĕ положенисене те чылай чухне пăхăнмасть. Çапла майпа иртнĕ çул институт сотрудникĕсене тивĕççĕр премии валеçнĕ.

Предприятие хуçалăх расчечĕ, хăйсаплавлăх çине куçарни, ĕçшĕн сĕнĕ йĕркепе тӳлеме тытăнни туса кăларакан изделисен пахалăхне, технологи шайне ӳстерме, вĕсене хатĕрлемелли вăхăта чакарма пулăшайман. Иртнĕ икĕ çулта 117 договора малтан палăртса хунă вăхăтра пурнăçлайман. Çакă вăл изделисене сĕрипе хăвартрах туса кăларма, технологи процесĕсене çĕнетме нумай чăрмантарать, предприятисенче тăкаксем ытлашши тăвасси патне илсе пырать, производство эффективлăхне чакарать.

Комитет институт директорне Г. С. Короткова наука тĕпчев, опытпа конструктор тата технологи ĕçĕн пахалăхне ӳстерме, изделисем туса хатĕрлессине хăвăртлатма хушса хăварнă.

# Тĕп сăлтав—тимсĕрлĕх

Канашри вагонсем юсакан завод висĕмçул чылай кăтартусем енĕпе плана тултараймар. Сутлăх продукци 112 пин тенкĕлĕх парса ситерейменн. Предприяти экономика кăтартăвĕсем енĕпе пилĕк çуллăх планра палăртнă шайран чылай юлса пырать.

Производство кăтартăвĕсем пĕлтĕр те япăхланнă. Вагонсене графикпа палăртса хунă вăхăтра юсаса парайман. Шăратнă чугун нумай парса ситереймен. Углекислота планпа палăртнинчен чылай сахалрах хатĕрленĕ. Ĕç укçи шайĕ ĕç тухăçлăхĕнчен хăвăртрах ӳссе пырать. Хатĕр вагонсене ăсатмалли договор обязательствисем чылай чухне пурнăçланмасăр юлаççĕ.

Заводра производствăпа экономикăна тытса пымалли çĕнĕ меслетсем çине кусма, сав шутра хуçалăх расчечĕпе ĕçлеме тĕплĕн хатĕрленмен. Çĕнĕ меслет çине куснă хыççăн та управлени аппаратне тытса тăма укçатенкĕ ытлашши нумай тăкакланă. Кунта ĕçлекенсен йышĕ чакманпа пĕрех. Производствăри кăтартусемшĕн премии парас ĕçре тивĕçлĕ йĕрке туса ситермен. Кун пек чухне профсоюз комитечĕпе тĕплĕн каласса татăлмашшăн час-часах пулкалать.

Предприятире ĕçе йĕркелемелли прогрессивлă меслетсемпе начар усă кураççĕ. Рабочисен 9,5 процентне кăна хуçалăх расчечĕпе ĕçлекен бригадăсене пĕрлештернĕ. Республикăра ку кăтарту вăтамран 40 процент ытла шутланать.

Учетпа отчет ĕçĕнче пысăк ситменлĕхсем тупса палăртнă. Пурлăхпа материалсене султалăк вĕçĕнче чылай чухне инвентаризаци тумаççĕ. Производствăпа сыхăнман тăкаксем сав-савах нумай. Рабочисем чылай цехра йывăр условисенче ĕçлесçĕ. Çакă вăл администраци хуçалăха тытса пымалли çĕнĕ условисенче производствăна аталантармалли, унăн эффективлăхне ӳстермелли майсемпе ситлĕксĕр усă курни синчен калать.

Комитет тĕрĕслев итогĕсене СССР Сул-йĕр министерствине ярса пама йышăннă.

# Ачасем хисепре мар

Муркаш районĕнчи яслисемпе садсенче ачасен медицина ыйтăвĕсене мĕнле тивĕçтернине, вĕсене мĕнле апатлантарнине тĕрĕсленĕ. Çак ĕçре пысăк ситменлĕхсем пуррине палăртнă. Ачасене яслисемпе садсене вĕсен сывлăхĕсене тĕплĕн тĕрĕслесе пăхмасăр йышăннă тĕслĕхсем нумай. Ачасен сывлăхне йĕркеллĕ пăхса тăманни те час-часах тĕл пулать.

Муркашри райпо ача-пăча учрежденийĕсем апат-çимĕс уйăрса пама ыйтнине пур чухне те туллин тивĕçтермест. Сăмахран, «Колобок» ясли-сад иртнĕ çул вĕсĕнче сĕрулми, пахчасимĕс, улма-сырла, сĕт продукчĕсемпе сăмарта чылай илсе ситермен. Ытти йышши продуктсем парса тăрас тĕлĕшпе кăлтăксем тăтăшах сиксе тухаççĕ.

Яслисемпе садсенче ачасем валли хатĕрлекен апат пахалăхĕ япăх. Тĕрĕслев иртгернĕ кун «Колобок» садра тефтельсене технологие пăсса хатĕрленĕ, вĕсен массине нормăпа палăртнинчен сахал пулнă. Ытти апатсем те тутлăхĕ енчен начарри палăрнă.

Муркашри санэпидстанци работникĕсем çакнашкал йĕркесĕрлĕхсене курмăш пулаççĕ, ача-пăча учрежденийĕсенче вĕсем питĕ сайра пулаççĕ. Райпо руководителĕсем те магазинсем ачасем валли мĕнле продукци парса янипе интересленмеççĕ.

Комитет райпо председательне В. Ф. Юмшакова сак йĕрия пысăк ситменлĕхсене кăтартса панă.

# Йĕрке тума вăхăт

Вăрмар районĕнче килти хуçалăхран ытлашши продукцие государствăна паракансене хавхалантарма промышленность таварĕсем сутассине япăх йĕркеленĕ. Райпон «Райсельхозпзаготпромĕ» продукци сутакансен йышне шута илсе пымасть. Халăх ытларах ыйтакан таварсем мĕн чухлĕ сутнине те палăртмаççĕ.

Чăвашпотребсоюз правленине хатĕрлев пункчĕсене ялхуçалăх продукчĕсем паракансене комбикорм, халăх ыйтакан таварсем, рынок фондне тата вырăнти условисене шута илсе, мĕн чухлĕ сутмаллине палăртма хушнă. Апла пулин те, райпо сакăнтан тивĕçлĕ вывод туман.

Халăх ыйтакан таварсем сутас ĕçре йĕркесĕрлĕхсем час-часах тĕл пулаççĕ. Урăх çĕршывра туса кăларнă магнитолăсенчен çуррипе ытла хатĕрлевсĕсем хăйсем туяннă. Ытти таварсем енĕпе те лару-тăру савăн майлах.

Ку вăл райпо руководителĕсем ялхуçалăх продукчĕсем ытларах хатĕрлессишĕн кирлĕ пек тăрăшманнинчен килет. Çакăншăн райони ĕçсыннисем тивĕçлипе пăшăрханаççĕ. Чăвашпотребсоюз правленийĕ те ку тĕлĕшпе райпо мĕнле ĕçленине çителĕксĕр контроллесе тăрать.

Тĕрĕслев итогĕсене Чăвашпотребсоюз правленийĕнче сӳтсе явнă, унта райпосен председателĕсемпе вĕсен заместителĕсем, хатĕрлев кантурĕсен руководителĕсем хутшăннă.

# СПЕЦИАЛИЗАЦИЛЕНĔ ЦЕНТРСЕМ

Чернобыль атом электростанцийĕнчи аварие пула РСФСРăн радиоактивлă веществосемпе вараланнă районĕсенче пурăнакансене квалификациллĕ медицина пулăшăвĕ парас тĕллевпе РСФСР Министрсен Совечĕ РСФСР Сывлăха сыхлас ĕç министерстви çумĕнче пулнă Тăватгăмĕш тĕп управленин «Россия» (Ессентуки хули) тата «Архипо-Осиповка» (Краснодар крайĕ) санаторийĕсен никĕсĕ çинче тата РСФСР Министрсен Совечĕн Ĕçĕсен управленийĕн «Янтарный берег» (Юрмала хули) санаторийĕн никĕсĕ çинче çӳлерех асăннă аварие пула инкек тӳснĕ çынсене сыватма специализациленĕ центрсем туса хума йышăннă.

# ÇĔНĔ СЕЗОН—ÇĔНĔ СПЕКТАКЛЬСЕМ

**ЯНВАРЕН 5-МĔШĔНЧЕ РЕСПУБЛИКĂРИ ЧĂВАШ ÇАМРĂКСЕН ТЕАТРĔ, «ТАРКĂН» СПЕКТАКЛЬ КĂТАРТСА, ХĂЙĔН ÇĔНĔ СЕЗОННЕ ПУÇЛАРĔ. ЧАРШАВ УÇĂЛИЧЧЕН КĂШТ МАЛАРАХ ПИРĔН КОРРЕСПОНДЕНТ ТЕАТРĂН ПАЯНХИ ĔÇ-ХЕЛĔПЕ ТЕЛЛЕВĔСЕМ ÇИНЧЕН ВЯЧЕСЛАВ ОРИНОВ РЕЖИССЕРПА КУРСА КАЛАÇНĂ.**

— Вячеслав Николаевич, йăлана кĕнĕ тăрăх, театр çĕнĕ сезона октябрь вĕçĕнче е ноябрьте пуçлакаччĕ. Анчах та ку хутĕнче эсир январьте тин чаршав уçрăр. Мĕнпе çалтавлама пулать-ши çакна?

— Чăн та, куракансем пирĕ çухатрĕç те пулĕ. Çамрăксен театрĕ çухаласса нихçан та çухалман, çĕр çинчех. Шупашкартах халлĕхе. Анчах та театр йывăр лару-тăрава кĕрсе ÿкрĕ. Мĕн енчен? Эпир Гагарин урамĕнчи çуртра вырăс драма театрĕпе пĕрле ĕçлеттĕмĕр, пĕр сценăна пайлатпăр. Вырăс драма театрĕ уйăхне вунçичĕ кун тухать сцена çине, эпир вара вунвиççĕ. Ку, паллах, сахал. Театра йĕркеллĕ, лайăх ĕçлеме стационар, тепĕр майлă каласан, çурт кирлĕ. Вăл вара çук пирĕн. Ку ыйтупа эпир иртнĕ çулăн юлашки кунĕсенче «Коммунизм ялавĕнче» уçă çыру пичетлесе кăлартăмăр. Ыйтăва татса парасса кĕтетпĕр.

Мĕншĕн çĕнĕ сезона январьтен тин уçрămăр? Гагарин урамĕнчи çуртра юсав ĕçĕсем вăрăма тăсăлчĕç. Çапах та эпир вăхăта сая ямарамăр. Театр çанна тавăрсах ĕçлерĕ. Сентябрь-октябрьте республикăри районсенче гастрольте пултăмăр, нумай спектакль кăтартрăмăр. Пĕр бригада Николай Сидоровăн «Таркăн» трагикомедийĕпе Пенза облаçĕнчи чăвашсем патĕнче пулчĕ. Питĕ тараватă, ăшшăн йышăнчĕç вĕсем артистсене. Малашне те унта кайса çÿресшĕн. Ноябрь-декабрьте çĕнĕ сезонта премьерăсем кăларма хатĕрлентĕмĕр.

Театр чаршав уçрĕ. Анчах февральте строительсем юсав ĕçĕсене малалла тăсасшăн. Мĕн каласси, «савăнтаракан» хыпар. Пирĕн каллех гастроле тухса каяс пулать. Февральте Канашра пулатпăр. Ун хыççăн — Тăвай, Комсомольски, Патăръел, Йĕпреç районĕсенче. Мартра вара Ульяновск хулине гастроле каятпăр.

— Çĕнĕ сезон — çĕнĕ спектакльсем. Çавăнпа та пулас премьерăсем пирки кĕскен те пулин каласа парсамăрччĕ.

— Чи малтан иртнĕ сезон вĕçĕнче кăларнă çĕнĕ спектакльсем çинчен. Мĕншĕн тесен çуллахи гастроле тухиччен вĕсене Шупашкарта пĕр-ик хутчĕн çеç кăтартма ĕлкĕрнĕ. Вĕсен шутĕнче Александр Володинăн «Юратма пĕлекенсем телейлĕ» драми, Александр Вампиловăн «Аслă ывăл» комедийĕ, Лев Устиновăн «Чикансемпе тĕрме хуçисем» юмахĕ, Николай Сидоровăн «Таркăн» мыскараллă инкекĕ.

Çĕнĕ сезонти çĕнĕ спектакльсем пирки калас пулсассăн. Чăвашсен çамрăк прозаикĕн, драматургĕн Борис Чиндыковăн «Çурçĕр хыççăнхи апатлану» драми тăрăх спектакль хатĕрлесе çитерниĕпе пĕрех. Ăна

## ТЕАТР

январĕн 14—15-мĕшĕсенче кăтартатпăр. Борис Чиндыков хăйне еврĕлĕ çыракан автор. Чăнах та, пьеса çыракансем нумай. Анчах вĕсенчен чылайăшĕ çиелтен шăйăрттарса çырать, çиелте выртакан сие çеç илет. Б. Чиндыков мĕн калас тенине тарăннăн тишкерет. Психологизм пысăк унăн произведенийĕсенче. «Çурçĕр хыççăнхи апатлану» та çавах. Спектакль куракансемшĕн интереслĕ пуласса туйăнать. Çĕнĕ сезонта çавăн пекех Украина драматургĕ, классикĕ Иван Франко çырнă «Вăрланă телей» драмине тĕпе хурса спектакль хатĕрлесшĕн. Вăл апрель пуçламăшĕнче сцена çине тухмалла. Театрăн аслă режиссерĕ Алексей Васильев артистсен пĕр ушкăнĕпе латышсен çамрăк авторĕ Л. Струмбе çырнă «Хĕрлĕ çÿçлĕ арçын» драма хатĕрлет. Премьера январь вĕçнелле пулмалла. Пирĕн театр заказĕпе халĕ нумай автор ĕçлет. Сăмахран, Чăваш АССР халăх писателĕ Николай Терентьев çамрăксене халалланă пьеса çырать. Николай Сидоров çĕнĕ пьеса — «Шупашкарти савни» камит килсе пачĕ. Репертуара Александр Калкан«Анисса» драмине те кĕртрĕмĕр.

— Сирĕн театрта вырăс труппи те ĕçлет. Вĕсем мĕнле спектакльсем кăларма хатĕрленеççĕ?

— Труппа йышĕпе пысăк мар, пурĕ те тăхăр çын çеç унта. Паллах, лайăх, тĕплĕн ĕçлеме йыш çителĕксĕр. Анчах вĕсем аптраса ÿкесшĕн мар, хавхалансах ĕçлеççĕ. Иртнĕ сезонта темиçе юмах хатĕрлерĕç. Часах сцена çине «Вырăс водевилĕсене» кăларĕç. Водевильсем ачасемшĕн çеç мар, аслисемшĕн те интереслĕ пуласса туйăнать. Пырса курăр, ÿкĕнмĕр.

А. ВРАЖКИН,
çырса илнĕ.

Республикăри вырăс драма театрĕ куракансене çĕнĕ ĕçпе — «Камерный» театр Лаврентия Берии» спектакльпе савăнтарчĕ. Пьеса авторĕсем — В. Валуцкипе В. Ливанов. Спектакле В. Воробьев режиссер В. Гришанин тĕп режиссер ертсе пынипе лартнă. А. Воронцова илемлетнĕ. Рольсене И. Сидоренко, Л. Маликова, А. Болдырев, А. Катин, Е. Жеников, А. Сальников тата ыттисем выляççĕ.

**Ÿкерчĕк çинче:** спектакльти пĕр сцена.

Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕ.

## Рабочисем хатĕрлеççĕ

Кÿкеçре ватам пĕлÿ паракан 27-мĕш профтехучилище уçăлнăранпа вуна çул çитрĕ. Малтанхи вăхăтра вăл Шупашкарти 12-мĕш училищĕн филиалĕ шутланнă. Каярахпа, 1980 çулта, поселокра хальхи училище комплексне туса пĕтерсен, вăл пĕтĕмпех кунта куçнă, уйрăм вĕренÿ заведенийĕ пулса тăнă.

Вуна çул хушшинче училище республикăри халăх хуçалăхĕ валли 4500 ытла пысăк квалификациллĕ механизаторпа водитель хатĕрлесе...

## ❍❍ УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

### Индин çĕнĕ премьер-министрĕ

[illegible] Вишванатх Пратап Сингх çуртне кĕрсе курма тÿр килнисем пур чухне те вăл хăйне майлă тирпей-илемпе тата сăпайлăхпа палăрни çинчен калаçнă. Хакла мар сĕтел-пукан. Стенасем çинче — хуçа хăй аллипе ÿкерчĕксем.

Пушă вăхăтра вăл сăвăсем...

...вăл кăларах Инди премьер-министрĕ пулса тăнă Лал Бахадур Шастрине парать.

1956 çулта В. П. Сингх Инди наци конгресне кĕрет.

— Мана парти хăй мар, пуринчен те ытларах Джавахарлал Неру идейисем тата Конгресăн наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăмри вырăнĕ илĕртт...

Çакăн хыççăн В. П. Сингх вăйтка илекенсемпе хысна укçине вăрлакансен «аслатийĕ» тата аппаратра ĕçлекенсене çăмăллăх туса панине хирĕç çине тăрса кĕрешекен çын пулса тăрать, çавна май ахаль çынсем хушшинче унăн авторитечĕ тата ытларах ÿсет.

Сĕршыв...

### Пленум уçăлать

ПРАГА, январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Прагăра Чехословакири коммунистсен партийĕн Центральнай Комитечĕн черетсĕр съезд хыççăнхи пĕрремĕш пленумĕ уçăлать. Центральнай Комитетăн 140 членĕ пĕрремĕш хут Прага Градĕн Испански залне мар, КПЧ Центральнай Комитечĕн çуртне пуханаççĕ. КПЧ Центральнай Комитечĕн ларăвне ирттерни КПЧ программинче партийă принципсене аталантарас тата пурнăçа кĕртес ĕçре татăклă утăм тунине пĕлтерĕ...

*Литература архивĕ*

# И. Я. ЯКОВЛЕВ. 1916—1917 çулсем

## А. Жиркевичăн кун кĕнекинчен

(Малалли. Пуçламăшĕ 4, 5-мĕш номерсенче).

Юлашкинчен çав-çавах Сахаровсене судпа айăпланă. Сахаровăн пĕр ывăлне 1905 çулхи революци вăхăтĕнче темле хысна учрежденийĕ çине тапăннăшăн каторгăна янă. Анчах кайран, пуç тавра шухăшласа пăхнă хыççăн, вăл революци ĕçĕнчен айккинелле пăрăннă. Чĕмпĕрте Старышкевич кĕпĕрнаттăра вĕлерсен, çак ирсĕр ĕçе Сахаровăн çамрăк ывăлĕ тунă тесе те шутланă... 1905 çулта Чĕмпĕрте пулса тăнă лару-тăрура Яковлев хăйне судра хÿтĕлекен тупма пултарайман: пĕри те килĕшмен ун чухне. Вăл вара Плевако[3] пулăшакансенчен пĕрин патне çырса пăхнă. Лешĕ вара 300 тенкĕлле унăн ĕçне ертсе пыма килĕшнĕ. Сахаров та çывăрман, укçине шеллемен. Пичетри элек çинчен калакан закона туса çитерменрен, Сахарова чылайччен тÿрре кăларса пынă.

[1] И. М. Сахаров (1855 — 1917) — врач, «Симбирские вести» хаçат издателĕ.

[2] «Симбирянин» хаçат 1906 çултанпа тухса тăнă.

[3] Ф. Н. Плевако (1843 — 1908) — вырăссен паллă адвокачĕ.

**Июнĕн 1-мĕшĕ.**

ЕНЕР Катнăпа Тамара,[1] эпĕ И. Я. Яковлев патĕнче пултăмăр. Çулла кунта лайăх: пĕчĕк веранда садалла тухать. Старик хăйне лайăх туять. Эпĕ вара хамăн малтанхи шухăша пурнăçа кĕртес терĕм — вăл каласа пана тăрăх, унăн ачалăхĕпе çамрăклăхĕ çинчен, чăвашсене христианлăх культурипе çывăхлатас шухăш мĕнле çуралнине çырса илес терĕм. Тунсăхлас мар, малашлăхшăн хумханас мар тесе шăпах çакăнпа ĕçлеме пуçлатăп. Енер эпĕ старике хăйĕн ачалăхĕпе çамрăклăхĕ çинчен аса илтерме тăрăшрăм. Хăйĕн пурнăçĕнчи ку тапхăр çинчен вăл интереслине нумай каласа пачĕ. Ильминскипе [2]К. П. Победоносцева аса илчĕ. Елĕкхине лайăхах астăвать. Яковлев ачисемпе пулас ăрусем валли ăна-кăна çырса хурас пулать.

Чăвашсем хушшинче сепаратистла шухăшлă çынсем çук-и, тесе ыйтрăм эпĕ ĕнер Яковлевран. Чее старик, ун çинчен ĕмĕтленекен çамрăксем пуррине пĕлнĕ пулин те, хăй йăхĕн çыннисене сутмасть. Анчах та ытларахăшĕ, православие наци уйрăмлăхĕсене упраса хăварса, Российăпа перлешессишĕн тăрать. Яковлев хăй те çапла шутлать. Вăл Российăна, аçта мĕнле наци пурăннине шута...

пынисене аса илтерме хăтланнă. Шкул тума вырăс улпучĕсем те пулăшни çинчен каланă. Тимлĕ итленĕ. Анчах та асран тайăлнă старике, пуян классем еннелле çавăрма тăрăшакан буржуя итленĕ пек çеç. Съезд постановленийĕсене старик канашне шута хумасăр йышăннă. Сăмах май, тÿлевсĕр-мĕнсĕрех улпутсенчен, уделсемпе ыттисенчен чăваш хресченĕсем валли çĕр туртса илме йышăннă. Яковлев чăваш хирĕсемпе чикĕленекен ун пек çĕрсем çук тесе ĕнентернине те итлемен. Мĕскĕн Яковлев съездран ывăнса, хăшкăлса çитнĕ. Ун çине хăй ĕмĕрне пурăнса иртернĕ реликви çине пăхнă пек çеç пăхаççĕ, унтан ытла мар.

[1] Чĕмпĕрте 1917 çулхи июнĕн 20—28-мĕшĕсенче пулса иртнĕ пĕтĕм чăвашсен I наци съезчĕ çинчен сăмах пырать.

**Июлĕн 29-мĕшĕ.**

ЯКОВЛЕВ патне вĕсен хĕрĕ — искусствăна, авалхи япаласене юратакан Л. И. Некрасова[1] килнĕ. Енер каçхине эпĕ 10 сехетчен лартăм Яковлевсем патĕнче. Вăрçăпа çĕршыври анархисĕр пуçне пур япала çинчен те калаçрăмăр. Манпа пĕрле Тамарочка та пулчĕ.

И. Я. Яковлев старик ытларах та ытларах пакăлтатать, калаçура арпашăнать, калаçу йĕрне çухатать. Деятель мар, реликви вăл. Хурланса калаçрĕ Яковлев нумаях пулмасть пулса иртнĕ чăваш съезчĕ çинчен, вăл ăнăçсăр, усăсăр, тулăксăр пулнине палăртрĕ. Вăхăт вăйне парăнса пырать старик. Хăвăн умăнтах чаплă пурнăç вĕçленсе пынине туятăн...

[1] Лидия Ивановна Яковлева (упăшки хушамачĕпе Некрасова) — Яковлевсен хĕрĕ, Мускаври археологи институтĕнче вĕреннĕ.

**Июлĕн 30-мĕшĕ.**

Л. И. НЕКРАСОВА, Яковлев хĕрĕ, ĕнер темиçе сехет хушши ман коллекцири картинăсене, ÿкерчĕксене, авалхи япаласене, эпĕ Вильно хулинче пухнă мулран мĕн юлнине пăхса ларчĕ. Коллекцие кăтартнă май, иртнине ăшшăн аса илтĕм.

Мускавра аш-какай хаклăран тата хăшпĕр чух çукран лаша ашĕ çиме пуçлани çинчен ÿпкелешсе калаçрĕ Некрасова. Вăл çемйипе Петровско-Разумовскинче пурăнать. Упăшки Петровско-Разумовски академире темле должность (приват-доцент?) йышăнать. Вĕсен çемйинче те лаша ашĕ çиеççĕ.

çарнă текст мар, пĕтĕм Евангелисене çывăх шухăша палăртнăскер пулса тухнă. Чăвашпа вырăс текстĕсем хушшинче уйрăмлăх пур. Уçăмсăррине, иккĕлентерекеннине, вырăс текстĕпе килĕшÿллĕн, уçăмсăр хăварнă. Яковлев кун пек куçарни, ман шутпа, Евангели чунне çывăхарах тăрать пек, йăнăшĕсем те сахалтарах. Тахçан Ильминскипе Яковлев чăваш халăхне çутта кăларас тĕлĕшпе йĕркеленĕ хавхаланулă лаборатори ĕçĕпе паллашма питĕ кăмăллă пулчĕ. Çĕнĕ тата Кивĕ Заветăн сăвапллă кĕнекисене куçарнă чухне Христос вĕрентĕвĕ çул кăтартса, çутатса тăнă. Мĕнле чаплă, таса, çылăхсăр тĕнче! Тата мĕнле аслă тĕллев!

ЕНЕР Яковлев çине пăхрăм та шухăша путрăм, ман умра Евангели темипе калаçу пуçличчен çур сехет çеç Чĕмпĕрти аристократ çемйисем çинчен сÿпĕлтетнĕ çынах тăрать-ши?! Старик куç умĕнчех çĕнелсе улшăнчĕ тейĕн. Вăл пĕр чарăнмасăр куçарма сăтĕр. Анчах та эпĕ Тамарăпаччĕ, çавăнпа та тĕттĕмленичченех киле çитмеллеччĕ. Евангели куçарас ĕçе Яковлев сехет этем пурнăçĕнче мĕнле пĕлтерĕшле çÿренине Ильминский ăнлантарнипе çыхăнтарса хаклрĕ. Тĕрлĕ сехетсем пулаççĕ: кĕсье сехечĕсем — тĕрлĕ системăллисем, хăйăр, стена, хĕвел сехечĕсем. Анчах та вĕсен пурин те пĕр вăхăт кăтартмалла. Пĕлтерĕшĕ — вăхăтра. Евангелире те çавах: калас тенине мĕнле сăмахсемпе палăртнинче мар, шухăша тĕрĕс каланинче. Яковлев мана чăвашла Евангели çырса парнелерĕ. Ĕнерхи каç мана питĕ кăмăллă килчĕ — пĕр пăшăрханусăр, лайăх çывăртăм. Чăвашсене çутта кăларас енĕпе тунă ĕçсем пирки калаçса кайсан, Яковлев ялан Ильминские хăйĕнчен малла лартать. Килĕшет ку мана. Ĕçĕ чăнах та çапла пулнă. Ильминский пулăшман, тĕрĕс çул кăтартса пыман пулсан, ун протекцийĕсĕр Яковлева пирĕн бюрократи хупласа хуратчĕ, вăл вара нимĕнех те тăваймасăр пулĕччĕ. Ильминский тăрăшнипе çеç Яковлева Победоносцев пулăшнă.

**Сентябрĕн 9-мĕшĕ.**

ЕНЕРХИ каçа И. Я. Яковлевпа иксĕмĕрех (килте çемйи çукчĕ) ирттертĕмĕр. Вырăс пурнăçĕн кивĕ йĕркин представителĕ вăл, хальхи çĕнĕлĕхсемпе килĕшме пултараймасть. Старике пурăнма çăмăл мар. Вилĕме вăл ытлашши пăшăрханмасăрах кĕтет, малтанхи пекех чăваш халăх ырлăхĕшĕн ĕçлет. Енер ун патне тĕрлĕ мăтусем...

— Çĕнĕ сезон — çĕнĕ спектаклĕсем. Çавăнпа та пулас

...пынипе партиă. А. Воронцова илемлетнĕ. Рольсене И. С...

Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕ.

## Рабочисем хатĕрлеççĕ

Кÿкеçре ватам пĕлÿ паракан 27-мĕш профтехучилище уçăлнăранпа вуна çул çитрĕ. [illegible] вăхăтра вăл Шупашкарти 12-мĕш училищĕн филиалĕ шутланнă. Каярахпа, 1980 çулта, поселокра хальхи училище комплексне туса пĕтерсен, вăл пĕтĕмпех кунта куçнă, уйрăм вĕренÿ заведенийĕ пулса тăнă.

Вуна çул хушшинче училище республикăри халăх хуçалăхĕ валли 4500 ытла пысăк квалификациллĕ механизаторпа водитель хатĕрленĕ. Çавăн пекех кунта ытти специальноçсем те алла илме пулать. Сăмахран, ялти строительство мастерĕ, электрогазосварщик, ялхуçалăх производствинчи электрооборудовани юсакан электромонтер (автомобиль водителĕн правине пĕрле) тата ытти те. Çамрăксене пĕлÿ парас тĕлĕшпе ĕçлекен пысăк коллектива Г. Ф. Ремнев коммунист ертсе пырать. Училищĕре пуян опыт пухнă, хăйсен ĕçне чунтан парăннă педагогика ĕçĕн ăстисене савăнăçлă ларура ятран асăнса тăсларĕç. Вĕсем хушшинче — Г. А. Трифонов, А. Г. Григорьев, А. А. Борисов, И. С. Пузаков, Л. Б. Соловьова, В. Н. Викторов, Г. Н. Ведерникова тата ыттисем.

— Вĕренÿ процесне кирлĕ пек йĕркелеме техникăпа пурлăх никĕсĕ пулăнни нумай пулăшать. Курсантсем тĕрлĕ маркăллă 26 тракторпа, 20 автомобильпе, ытти машинăсемпе, техника хатĕрĕсемлĕ кабинетсемпе усă кураççĕ, — тет директорăн вĕрентÿпе воспитани енĕпе ĕçлекен заместителĕ В. А. Фадеев. — Вĕренÿ кабинечĕсем, мастерскойсем çутă та аслă çуртсенче вырнаçнă. Училищĕн 120 вырăнлă столовăй, акт залĕ, 520 вырăнлă общежити пур. Художество пултарулăх кружокĕсем — саккăр, спорт секцийĕсем, техника кружокĕсем ĕçлеççĕ. В. А. Руссаков ертсе пыракан «Электротехника» кружока çÿрекенсем уйрăмах йышлăн.

Курсантсем пулас специальноçа тĕплĕнрех пĕлчĕр тесе, производство вĕрентĕвĕн мастерĕсем хăйсенчен мĕн килнине пурне те тума тăрăшаççĕ. В. П. Евдокимов, П. П. Евдокимов, Н. Л. Ермолаев, Г. И. Сидоров, В. В. Марков, Н. А. Александров, А. М. Антонов, Н. П. Москалев мастерсем пирки ырăпа калаçнине кăна илтетĕн. Çамрăксем темăна ăнланмасан, уйрăммăн ĕçлеççĕ, макетсем тăрăх тепĕр хут каласа параççĕ.

— Халлĕхе пирĕн ĕçре татса паман ыйтусем те сахал мар-ха, — йышăнать директор заместителĕ Л. С. Семенов. — Сăмахран, вĕренÿ хуçалăхĕ йĕркеленмесĕр пысăк пахалăхлă кадрсем хатĕрлесси çинчен калаçма йывăр. Вĕренÿ программипе кашни курсант пуçне 1—1,5 гектар çĕр пулмалла. Халлĕхе пирĕн ун чухлĕ çук. Иккĕмĕш ыйту — училищĕре ĕçлекенсен хваттер ыйтăвĕсене татса парасси. Ку та йывăррăн пырать.

**Ю. ЛИСТОПАД.**

Шупашкар районĕ.



## Урăх çĕршывсенче

# Индин çĕнĕ премьер-министрĕ

Уйчеен Вишвантах Пратап Сингх çуртне кĕрсе курма тÿр килнисем пур чухне те вăл хăйне майлă тирпей-илемпе тата сăпайлăхпа палăрни çинчен калаçнă. Хакла мар сĕтел-пукан. Стенасем çинче — хуçа хăй аллипе ăсталанă ÿкерчĕксем.

Пушă вăхăтра вăл сăвăсем çырать. Вĕсем, специалистсем çирĕплетнĕ тăрăх, пурнăçри тĕрлĕ пулăмсене тăрăхланипе тата автор хăйне-хăй критикленипе палăрса тăраççĕ.

Çак ăнтăлусем тата çутçанталăка юратни, В. П. Сингх хăй йышăннă тăрăх, мĕн пĕчĕкренех пĕчченлĕх туйăмне аталантарнă пулĕ. Ун чухне ăна, 5 çулхи ачана, арăмсăр тăрса юлнă раджана панă, лешĕ вара ачана вĕрентсе ÿстересшĕне пĕтĕмпех хăйĕн управляющине — акăлчана шанса панă.

Раджа ăна тăван ашшĕ-амăшĕпе тĕл пулма чарнă, вĕсене ĕмĕрлĕхех манма хушнă. Çакă вара тăван çемйи ăна пăрахнă тесе шутланă ăçсын ача чĕринче тарăн суран хăварнă.

Усрава илнĕ ашшĕ вилнĕ хыççăн 11 çулхи Вишвантах пысăк кил-çуртпа пуянлăх хуçи пулса тăнă, çавна май Раджан ытти тăванĕсем ăна пĕр вĕçĕмсĕр хĕратса пурăннă.

Аллахабед университетĕнче вĕреннĕ çулсенче В. П. Сингх политика ĕçне хутшăнман. Политика литературипе, вĕсен шутĕнче «Коммунистсен манифесчĕ» тата Чернышевскин «Мĕн тумалла?» романĕ пулнă, тĕпрен илсен, каникул вăхăтĕнче паллашнă. Наукăсен бакалаврĕн дипломне илнĕ хыççăн çамрăк çын пĕтĕмлех политикăна парăннă.

Çурçĕр Индири хакурсен витĕмлĕ ушкăнĕнче тăни тата княççен йăхĕнчен пулни çамрăк бакалавра Бхудан юхăмне хутшăнма чăрмантарман. Бхудан теллевĕ ялхуçалăхне аталантармалли программăсене пурнăçласси, хресченсемпе пĕрле ĕçлесси, тырпул пухса кĕртесси, çĕр сухалассипе, кирпĕч йăтасси пулнă. Çакăн çинчен халĕ В. П. Сингх мухтанмасăр аса илме пултараймасть.

Ялти митингра вăл хăйĕн пуянлăхĕн пĕр пайне — Бхудан юхăмне, тепĕрне шкул тумашкăн уйăрса парасси çинчен пĕлтерет. Çакă унăн тăванĕсене тарăхтармаллипех тарăхтарса ярать. Çавăншăнах вĕсем унпа нумай çул хушши судлашса пурăнаççĕ. Вилнĕ раджа керменĕн çуррине яхăн вăл каярах Индя премьер-министрĕ пулса тăнă Лал Бахадур Шастрине парать.

1956 çулта В. П. Сингх Инди наци конгресне кĕрет.

— Мана парти хăй мар, пурнинчен те ытларах Джавахарлал Неру идейисем тата Конгресан наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăмри вырăнĕ илĕртрĕ, — йышăнать вăл.

1970 çул. В. П. Сингха парламента суйлаççĕ, Индира Ганди правительствинче вăл министр заместителĕн вырăнне йышăнать. 1980 çулта ăна Индин чи пысăк штачĕн — Уттар-Прадешăн тĕп министрĕ пулма уйăрса лартаççĕ.

Икĕ çул хушшинче вырăнти политиксемпе бизнесменсем хушшинче сахал мар тăшман тупса, В. П. Сингх хăйĕн ирĕкепе çак вырăнтан тухать, çак решенне вăл штат правительстви бандитсене хирĕç эффективлă кĕрешме пултарайманнипе ăнлантарать.

1982 çултанпа вăл Индира Ганди правительствинче сутуилÿ министрĕ. 1984 çулта ăна кĕтмен çĕртен чакараççĕ— Уттар-Прадеш штачĕнче ИНК (И) Совечĕн президенчĕ пулма уйăрса лартаççĕ.

Раджив Ганди влаçа ларнă хыççăн В. П. Сингх финанс министрĕн вырăнне йышăнать. Бюджета палăртса хатĕрлес, çĕршывăн экономика ыйтăвĕсене татса парас ĕçе общественноçăн анлă ушкăнĕсене хутшăнтарма майсем туса хума хăтланнипе, çавăн пекех çăмăллăхсем туса парас ыйтусенче ытларахăшĕпе килĕшменнипе, çирĕп позици йышăннипе хăшпĕр вăйсем унпа çав тери кăмăлсăр пулнă, вĕсем ăна пĕр уйăхрах урама кăларса ярассипе хăратнă.

Анчах çавнашкал хăратнисем В. П. Сингха улăштарман. Вăл Индири пуянран та пуян çемьесене малалла тапăнать, налог тÿлессинчен пытарса хăваракан тупăшĕсен çăлкуçĕсене тĕрĕслет. 1987 çулхи январьте ăна, çар ĕçĕнче палчах тĕшмĕртмен çынна, кĕтмен çĕртен оборона министрне куçараççĕ, çакă ăна хăйне те телĕнтерне. Анчах кунта та вăл хăйĕн принципĕсенчен пăрăнман. Апрельте парти çĕршыв руководствине пăхăнманшăн пĕтĕмпех ăна айăпланă хыççăн В. П. Сингх отставкăна тухать, июльте вара Инди Наци конгресĕнче 30 çул пулнă хыççăн ăна «Партие хирĕçле ĕççемшĕн» партирен кăлараççĕ.

Çакăн хыççăн В. П. Сингх взятка илекенсемпе хысна укçине вăрлакансен «аслатийĕ» тата аппаратра ĕçлекенсене çăмăллăх туса панине хирĕç çине тăрса кĕрешекен çын пулса тăрать, çавна май халăх çынсем хушшинче унăн авторитечĕ тата ытларах ÿсет.

Çĕршыв руководствин йăнăшĕсемпе çитменлĕхĕсем те халăх интересĕсемшĕн кĕрешекенĕн сăпарне малалла çирĕплетме пулăшнă. В. П. Сингх ятне яма хăтланни унăн халăх хушшинчи авторитетне пачах чакарман.

Çакăн хыççăн ирĕксĕрех оппозицие куçма тивнĕ. В. П. Сингх центристсен Джаната дал партине ертсе пынă, çак парти тавра регионти пилĕк парти пĕрлешсе Наци фрончĕ туса хунă.

Чаплăран та чаплă оратор, вăл массăсене хавхалантарма, çынсене ертсе пыма пултарнине кăтартса панă тата тĕрлĕ йышши политика вăйĕсене пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлеме çеç мар, парламентăн юлашки суйлавĕнче вĕсене пĕтĕмĕшле çĕнтерÿ патне илсе çитерме те пултарнă.

В. П. Сингх хăйне Инди халăхĕн нушисене пĕлекен тата халăхпа калаçма çеç мар, ăна итлеме те пултаракан çын пулнине кăтартса панă. Вăл хăйĕн телллевĕсемпе юриех служба автомашинисемпе усă курмасть, автобуспа çÿрет. Суйлав умĕнхи кампание В. П. Сингх çĕршыв тăрăх велосипедпа çÿресех ирттернĕ.

«Нимрен те хăраман рыцартен» унăн арăмĕ Сита Кумари те юлмасть. Раджа пулнă çын хĕрĕ килти хуçалăхра ĕçлет, хăйĕн пĕтĕм вăхăтне мăнукĕсемпе ирттерет.

В. П. Сингх халĕ 58 çулта. Ăна пĕлекен çынсем каланă тăрăх, вăл малтанхи пекех çынсене ытлашши шанмасть, чăсах кÿренет тата хĕрÿленсе каять. Критикăна кăмăлламасть, анчах ăна тÿсĕмлĕ итлеме хăват çитерет.

Халăхăн анлă сийĕсем чĕререн хисеплени пĕрлех унăн нумай-нумай тăшман пур. Çывăх тусĕсем премьерăн нумаях мар.

Халĕ присяга йышăннă В. П. Сингхăн политика пурнăçĕнче çав тери ответлă тата кăткăс тапхăр пуçланчĕ. Вăл мĕнлерех ĕçлеме пултарнине пурнăç кăтартса парĕ.

**Николай ОБОТОВ.**
**АПН собкорĕ.**

Дели.

## Норьегăна суд тăваççĕ

ВАШИНГТОН. (ТАСС). Панама руководителĕ пулнă Норьега генерала иртнĕ кĕçнерникун Майамире суд тума пуçланă. Унта ăна Панамăран Америкăн çар транспорчĕн самолечĕпе илсе çитернĕ. Генерала официаллă айăплакан мĕнпур сăлтавсене тÿрре кăларас пулсан, суд Норьегăна 210 çуллăха тĕрмене хупмашкăн приговор йышăнма пултарать.

СШАн юстици министерстви салатнă заявленире каланă тăрăх, Норьегăна вăл 1982—1986 çулсенче Колумбирен СШАна наркотиксем турттарас тĕлĕшпе гангстерсен «Медельин картелĕ» синдикачĕпе килĕштерсе ĕçленĕшĕн, Панамăра урăх çĕршывсенчен наркотиксем вăрттăн илсе пынипе сыхăннă ĕçсене тĕпчеме чăрмантарнăшăн тата наркобизнеспа çыхăннă ытти преступленисемшĕн айăплаççĕ.

Норьега хăйне нихăш сăлтавпа айăпланине те йышăнман.

## Пленум уçăлать

ПРАГА, январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Прагăра Чехословакири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн черетсĕр съезд хыççанхи пĕрремĕш пленумĕ уçăлать. Центральнăй Комитетăн 140 членĕ пĕрремĕш хут Прага Грачĕн Испански залне мар, КПЧ Центральнăй Комитечĕн çуртне пухănаççĕ. КПЧ Центральнăй Комитечĕн ларăвне ирттерни КПЧ программинче палăртнă принципсене аталантарас тата пурнăçа кĕртес ĕçре татăклă утăм тунине пĕлтерĕ. Пленум çĕнĕ йышши парти тата унăн аппаратне туса хурас тĕлĕшпе хăйĕн шухăшне пĕлтерĕ, партин пуçламăш организацийĕсен задачисене палăртĕ. Пленум задачи — вăл çĕнĕ правительство политики, правительствăн социаллă тата политикăллă мероприятийĕсем çине хăй мĕнле пăхнине кăтартса парасси, тесе çырать «Руде право» хаçат.

## Çирĕп мерăсем

БУЭНОС-АЙРЕС, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Аргентина правительстви çĕнĕ декрет кăларнă. Вăл мĕнпур министерствасене пĕр тахтаса тăмасăр управлени аппаратне тытса тăма уйăракан такаксене чакарас тĕлĕшпе çирĕп мерăсем йышăнма хушать. Чи малтанах кунта государство ведомствисемпе предприятийĕсем тытса тăракан служба автомашинисемпе самолетсем çинчен сăмах пырать. Правительство декретĕнче палăртнă тăрăх, малашне служба автомашинисемпе, министрсемпе вĕсен заместителĕсемсĕр пуçне, государство чиновникĕсенчен пĕри те усă курма пултараймасть. Çаканпа пĕр вăхăтрах транспорт тата пассажирсем илсе çÿрекен самолетсем çирĕплетсе панă государство компанийĕсемпе предприятийĕсен списокне çĕнĕрен пăхса тухаççĕ.

## Яппунсем кăмăлсăр

ТОКИО, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Çĕр хакĕ калама çук ÿссе кайни тата пурăнмалли условисем япăхланни — чи малтанах çаксем пăшăрхантараççĕ яппунсене. Çакна Япони социаллă пурнăçпа экономика конгресĕ общественность шухăшне ыйтса пĕлнин результачĕсем те кăтартса параççĕ.

Япони çыннисем кулленхи таварсен хакĕсем ытла та пысăк пулнипе, ĕç вăхăчĕ вăрăм пулнипе кăмăлсăр. Çавăн пекех вĕсем пенсие тухнă çынсене социаллă пурнăçра кирлĕ пек хÿтĕлеймennишĕн те ÿпкелешеççĕ.

Ыйтса пĕлнĕ çынсенчен 41 процентĕ çеç хăйсен экономикари вырăнĕпе тата пурнăç условийĕсемпе кăмăллă пулнине палăртнă.

капла ĕçлеме пуçлатăп. Енер эпĕ старике хăйĕн ачалăхĕпе çамрăклăхе çинчен аса илтерме тăрăшрăм. Хăйĕн пурнăçĕнчи ку тапхăр çинчен вăл интереслине нумай каласа пачĕ. Ильминскипе [2]К. П. Победоносцева аса илчĕ. Елĕкхине лайăххах астăвать. Яковлев ачисемпе пулас ăрусем валли ăна-кăна çырса хурас пулать.

Чăвашсем хушшинче сепаратистла шухăшлă çынсем çук-и, тесе ыйтрăм эпĕ енер Яковлевран. Чее старик, ун çинчен ĕмĕтленекен çамрăксем пуррине йышăнчĕ пулин те, хăй йăхĕн çыннисене сутмасть. Анчах та ытларахăшĕ, православипе наци уйрăмлăхĕсене упраса хăварса, Российăпа пĕрлешессишĕн тăрать. Яковлев хăй те çапла шутлать. Вăл Российăна, ăçта мĕнле наци пуриннине шута илсе, федеративлă çĕршывсене пайлас шухăша татăклăн сивлет. Ильминский вилес умĕн хăйне мĕн каласа хăварнине аса илчĕ вăл. Наци тĕп паллисене упраса хăварса, чăвашсен православи тĕнне тытса пыма, вырăс халăхĕпе çыхăнăва çирĕплетме тăрăшмаллине палăртнă Ильминский. Унсăрăн чăваш халăхĕ пĕтет, тенĕ. Чĕмпĕре килсен, кун пирки Победоносцев та каланă. Яковлев хăйĕн учительне тата наставникне Ильминские асра тытса пурăнни чун-чĕрене ăшă туйăмпа çупăрлать. Лешĕ чăннипех те хисепе тивĕç, çамрăк Яковлев пуçĕнче тĕтрелле проектсемпе ĕмĕтсене тĕрĕс системăпа вырнаçтарса тухма Ильминский ăна никамран нумай пулăшнă.

...Эпир ларакан веранда урамалла тухакан калиткерен инçе мар. Каласса ларнă вăхăтра икĕ салтак урамран сада кĕрсе тĕм хыçне тăнине курчĕ Яковлев... Çамрăк çын пек сиксе тăрса вĕсем патне чупса пычĕ те урама хÿтерсе кăларчĕ...

[1] Тамара — А. В. Жиркевичăн кĕçĕн хĕрĕ.
[2] К. П. Победоносцев (1827 1907) — государство деятелĕ. Синодăн обер-прокурорĕ.

**Июнĕн 26-мĕшĕ.**

ЕНЕР пирĕн патăрта Е. А. Яковлева («чăваш туррин» мăшăре) пулчĕ.

Шкулăн хăшпĕр çурчĕсенче хваттерте тăракан салтаксем шкул картишĕнче, садĕнче мĕн хăтланни çинчен каласа пачĕ. Садра тата картишĕнче, чиркÿ умĕнче, вĕсем усă сывлăшра тула тухмалли вырăн тунă мĕн...

Халĕ чăваш съезчĕ[1] пырать. Вăл ятпа съезда хутшăнакансенчен йĕркеленĕ чаплă хор шкул çумĕнчи чиркÿре кĕлĕ турĕ. Кĕлĕ пынă вăхатра салтаксем чиркÿ чÿречисене уçрĕç, купăс сасси, купăççăсем усал сăмахпа калаçни, юрлани илтенет. Салтаксене ÿкĕте кĕртес тесе, Яковлев начальствăна шыраса пăхрĕ. Начальство çук. Салтаксем картана çĕмĕрсе кĕрсе сада ярса илнĕ, пĕтĕмпех вараласçĕ, ватаççĕ унта. Яковлева каланă тăрăх, юлашки призывпа гарнизона сăн-пичĕпе, хăтланăвĕпе терме çынни евĕрлĕ çĕтĕк-çурăк, тискер, ÿкĕте кĕртмелле мар халăх пуханнă. Вĕсемпе калаçни усси çук. Яковлевсен вĕçĕмсĕр пăшăрханма тивет.

Иван Яковлевича чăваш съезĕнче председатель пулма суйланă. Вăл чăвашсене çутта тухма Россия, вырăс халăхĕ нумай пулăшни çинчен съезда капла ĕçлеме пуçлатăп...

(Ушăнки хушшинче Некрасова) — Яковлевсен хĕрĕ, Мускаври археологи институтĕнче вĕренме.

**Июлĕн 30-мĕшĕ.**

Л. И. НЕКРАСОВА, Яковлев хĕрĕ, енер темиçе сехет хушши ман коллекцири картинăсене, ÿкерчĕксене, авалхи япаласене, эпĕ Вильно хулинче пухнă мулран мĕн юлнине пăхса ларчĕ. Коллекцие кăтартнă май, иртнине ăшшăн аса илтĕм.

Мускавра аш-какай хаклăран тата хăшпĕр чух çукран лаша ашĕ çиме пуçлани çинчен ÿпкелешсе калаçрĕ Некрасова. Вăл çемйипе Петровско-Разумовскинче пурăнать. Упăшки Петровско-Разумовски академире темле должность (приват-доцент?) йышăнать. Весен çемйинче те лаша ашĕ çиеççĕ. Некрасова вара хăйĕн арçын ачисемпе Чĕмпĕре Яковлев патне пурăнма килнĕ. Сĕтел çине пĕрремĕш хут лаша ашĕ лартса парсан, упăшкипе ачисем хăйсем мĕн çинине туйман та. Некрасова вара, вĕсем çине пăхса, макăрнă. Халĕ пурте лаша ашĕ çиме хăнăхса çитнĕ, ене ашĕнчен те лайăхрах, теççĕ. Вăл калаңă тăрăх, Яковлевсен апат-çимĕç çителеклĕх: хăйсене пулăшнăшăн тав тăвас шутпа чăвашсем старик патне ялсенчен кучченеç илсе килеççĕ.

**Августăн 5-мĕшĕ.**

Л. И. НЕКРАСОВА çаплипех ман коллекципе тармашать. Мĕнле лара-тăра пелменскер вăл! Ÿкерчĕксем, ĕлĕкхи кĕнекесем курас тесе, кашни кунах Яковлевсен патĕнчен пирĕн пата чупса килет. Ку ман кăмăлпа пĕр килмест. Палхаварпа общество хурлăхĕ вăхатĕнче ман коллекцие куçпа та курас килмест. Вăл вара ача пекех савăнать. Телейлĕ çын!

**Августăн 14-мĕшĕ.**

Л. И. НЕКРАСОВА, Чĕмпĕрте ĕçсĕр тунсăхлаканскер, пирĕн пата килсех тăрать, манăн коллекцисенче чун канăçне тупать. Мана вара ку вăхатра вăл та, коллекцисем те интереслентермеççĕ.

**Августăн 26-мĕшĕ.**

ЕНЕР, питĕ кичем пулнăран, Яковлевсем патне кайрăм. Иван Яковлевич старик вăхăт-вăхăт кирле-кирлĕ марри çинчен нумай калаçать, теп ыйтуран парăнса арпаштарса ярать. Çак кунсенче вăл Чĕмпĕрпе вырăнти çынсем çинчен сÿпелтетме пуçласан, эпе ун патĕнчен тухса тартăм. Анчах та енер ăна хускатса яма май килчĕ. Унăн юратнă теми — Евангелие вăл чăвашла мĕнле куçарни. Чăваш чĕлхинче абстрактлă ăнлавсене палăртма сăмахсем çителĕксĕр пулнине эпĕ Яковлевранах илтнĕччĕ. Эпĕ капла шутлани Яковлева кÿрентерчĕ пулас. Вăл Евангелин чăвашла куçарнă экземплярне кăларчĕ те вырăсла куçарма пуçăнчĕ. Некрасова вара, унăн хĕрĕ, çав листанах вырăсла вуларĕ. Италлах, эпĕ калани тĕрĕс пулнă. Евангелие чăвашла куçарнă чух кĕнекере каланин пĕлтерĕшне çеç тытса пынă. Куçарнă чух Яковлев (тата унăн сотрудникĕсем) Евангелин вырăсла, грекла, латинла, нимĕçле тата ытти ют чĕлхери текстсемпе çеç мар, чиркÿ учителĕсен комментарийĕсемпе, православи чиркĕвĕн шухăшĕсене уçса паракан кĕнекесемпе те усă курнă. Вырăсларан тÿррĕн куçарса кайсан. Яковлев халăх Ильминские хăйĕнчен мала лартать. Килĕшет ку мана. Ĕçĕ чăнах та çапла пулнă. Ильминский пулăшмасан, тĕрĕс çул кăтартса пыман пулсан, ун протекцийĕсĕр Яковлева пирĕн бюрократи хупласа хуратчĕ, вăл вара нимĕнех те тăваймасс пулĕччĕ. Ильминский тăрăшнипе çеç Яковлева Победоносцев пулăшнă.

**Сентябрĕн 9-мĕшĕ.**

ЕНЕРХИ каçа И. Я. Яковлевпа иксĕмĕрех (килте çемйи çукчĕ) ирттертĕмĕр. Вырăс пурнăçĕн кивĕ йĕркин представителĕ вăл, хальхи çĕнĕлĕхсемпе килĕшме пултарайманскер. Старике пурăнма çăмăл мар, вилĕме вăл ытлашши пăшăрханмасăрах кĕтет, малтанхи пекех чăваш халăх ырлăхĕшĕн ĕçлет. Енер ун патне тĕрлĕ ыйтусемпе канаш ыйтма килчĕç.

Сăмах май, священник кĕлĕ тунă чух Вăхăтлăх правительствăна асăнмалли чăвашла текста илсе килчĕ. Яковлев куçарăва тĕрĕслесе тухрĕ, тĕрĕс тесе палăртрĕ. Унăн пĕтĕм шухăшĕ, пăшăрханăвĕ, ĕмĕчĕ чăвашсен интересĕсемпе. Çак кунсенче ун патне темле правительство учрежденийĕнчен хут ярса панă. Чăвашсемпе ытти халăхсем çинчен çырса пĕлтерме ыйтнă унта. Старик ответ хатĕрлет. Ăна ку ĕç савăнтарать пулас, мĕншĕн тесен хăйне манса кайманнине, кирлине туять... Эпĕ уншăн савăнатăп. Старик пĕр япала çинчен теприн çине сиксе ÿкет, ĕлĕкхи çинчен каланă май арпашăнать пулин те, хак пама, пĕтĕмлетÿ тума, аса илме мехел çитерет. Унăн кирлине, интереслине, пĕлтерĕшлине каласа памалли çук мар. Яковлев каллех хăйĕн учителĕпе наставникĕ Ильминский çинчен каласа пачĕ. Çак вăхăтра ман çине портрет çинчен чĕрĕ пек туйăнакан Ильминский пăхса тăчĕ. Эпир ялан тенĕ пекех столовăйĕнче калаçатпăр. Яковлев сăмахĕн тĕрĕслĕхне çирĕплетме Ильминский хăй те юнашарах пулнăн туйăнать. Иртнинче Яковлев мана чăвашла куçарнă Евангели çырса парнеленĕччĕ. Енер вара Евангелин умĕн каланине, куçарăва мĕнле туни çинчен пĕлтерние парнелерĕ. Яковлев хваттерĕнче пулатăп та, унăн калаçăвне итлетĕп те, вăл хăй патне пынă вырăсланнă чăвашсемпе калаçнă чух эпĕ те пĕр-ик сăмах хушатăп та — урăх сывлăшпа сывланăнах туйăнса каять. Российăра хуçаланакан пăтăрмахран аякра тăракан пурнăçпа пурăнма пуçлатăп тейĕн... Паллах, революци чăвашсене те пырса тивнĕ, Ильминскипе Яковлев тунийчен нумайăшне аркатнă, пăснă, япăхтарса янă. Старик çакна туять, пĕлет. Çавăнпа та вăл революцирен пулса кайнă инкексем çинчен калаçма юратмасть. Чăвашсем хушшинчен большевиксем те тухнă. Православирен мăсăльмансен (тутарсен) енне куçасси ÿснĕ. Ку Яковлева чăннипех те хурлантарать. Яковлев ку пулăмпа хăйвăйĕпе çеç кĕрешме пултараймассине ăнланать. Революци чăвашсенче сепаратистла шухăш (Российăран уйрăлас тени) çуратманни çинчен ĕнер Яковлев савăнса пĕлтерчĕ. Тутарсемпе ытти мăсăльман халăхĕсен вара сепаратистла шухăш пурри сисĕнет, хытах палăрать.

(Вĕçĕ пулать).

## К. В. Иванов çуралнăранпа 100 çул çитнĕ май

# ХĂШĔ ТĔРĔС?

«Нарспи» авторĕ хăçан çуралнă пирки, тен, никçан та ыйту сиксе тухмастчĕ пулĕ. Акă халĕ, поэтăмăр çуралнăранпа 100 çул çитнине уявлама хатĕрленнĕ вăхăтра, Уфари государство архивĕнче унăн метрики тупăнчĕ. Ку тараччен тухнă изданисенче К. В. Иванов çуралнине — вăл 1890 çулта, майăн 15-мĕшĕнче (çĕнĕ стильпе 27-мĕшĕнче) хальхи Пушкăрт республикинчи Пелепей районĕнче, Слакпуç ялĕнче çуралнă, тесе çырнă.

Пĕр пытармасăр калас пулсан, пирĕн тĕпчевçĕсем, ун чухнехи документсем пушарта çунса кайнă, Ивановăн метрики пурри синчен сăмах та пулма пултараймасть, тесе ĕнентерме пăхатчĕç. Анчах та чиркÿ документĕсем чип-чиперех упраннă, иккен. Макарьевски чиркÿ прихучĕн метрика кĕнекинче Константин Васильевич Иванова ят хунă чухне çапла çырса хунă.

54.15.22. Константин. Деревня Слакбашево. Крестьянин. Василий Николаевич. Законная его жена Евдокия Васильевна. Оба православные. Сверху надписанное «Крестьянин» тому верить.

Священник Никандр Кибардин.

И. Д. Псаломщика Василий Николаев.

Метрика кĕнекинче çырса хунă цифрăсем мĕне пĕлтернине ăнлантарма эпĕ Чăваш АССР Министрсен Советĕн ЗАГС пайĕн ... ив заведующийĕнчен В. М. Григорьевскаяран ыйтрăм. Венера Михайловна çапла каларĕ:

— Чи малти, «54» цифра, 1890 çулта миçемĕш ачана ят хунине пĕлтерет, «15» цифра — çуралнă кун, «22» тени — ят хунă куна.

Тен, çак ăнлантарупа çырлахмаллаччĕ-и те: «Вунпилĕк» тесе çырса хунă цифра, изданисенче кăларнă хисепри пекех.

Заведующие эпĕ тата «Чăваш халăхĕн мухтавлă ывăлĕ» кĕнекере поэт ашшĕ çырнă асаилĕве кăтартрăм. Ăна Чăваш кĕнеке издательстви 1960 çулта пичетлесе кăларнă пулнă.

«Константин 1890 çулта, майăн 13-мĕш кунĕнче, ирхине, виççĕмĕш сехет тĕлĕнче çуралчĕ.

Вăл вăхăтра пирĕн ялта чиркÿ çукчĕ. Приход хамăр ялтан 12 çухрăмри Макарьевка ятлă ялтаччĕ. Ăна çавăнта тĕне кĕртрĕмĕр.

Çуралсанах вăл чирлерĕ. Эпĕ ун чухне хирте ака патĕнчеччĕ çавăнта пырса каларĕç, ача сывмарланчĕ тесе. Ун чухне пирĕн патра Матви ятлă çын хуçа патĕнче тăратчĕ. Эпĕ çав Матви пиччене, хиртен таврăнса, ачана тĕне кĕртме кайма хушрăм. Вăл вара, хиртен таврăнсан, хамăр аттепе пĕр тăван хĕрпе кайса тĕне кĕртнĕ».

Чăваш йăлипе, çут тĕнчерен ят хумасăр уйрăлни — пысăк çылăх тунипе тан пулнă. Сехĕрленсе ÿкнĕ ашшĕ, хирти ĕçне пăрахсах, киле васканă. Матви тарçа лаша кÿлсе чиркĕве ăсатнă.

— Анчах та Матви тарçă,— ăнлантарать архив заведующийĕ, — ытлашши тимлĕ çынах пулман курăнать. Майăн «вунвиççĕмĕшĕнче» çуралчĕ теес вырăнне — «вунпиллĕкмĕшĕнче» тесе çыртарнă...

Манăн алăра Константин Иванов хăçан çуралнине çирĕплетекен тата тепĕр документ пур. Ăна эпĕ поэтăн музейçуртĕнчи экспонатран ÿкерсе илнĕ. Хăй аллипе çырнă анкетăра — ăна Константин Васильевич Чĕмпĕр шкулне вĕренме кĕнĕ çулсенчех çырнă пулнă — хăçан çуралнине кăтартакан графăра — «1890 çулхи майăн 21-мĕшĕнче», — тенĕ.

Акă, пирĕн ума Кĕçтентин çуралнин çинчен калакан темиçе тĕрлĕ аргументсемпе фактсем сиксе тухрĕç. Тăватта вĕсем. Тăваттăшĕ тăвată тĕрлĕ. Çапах та эпир, тăван ашшĕ, ялти пĕлÿллĕ çын тата Константин Иванов хăй аллипе çырнă документсене ĕненмесĕр тăма пирĕн тивĕçĕмĕр çук.

1957-мĕш çулта Чăвашсен тĕпчев институчĕ Константин Иванов çырнисен пуххине кăларичченех Чăваш кĕнеке издательстви поэтăн темиçе кĕнекине те кăларнă. Сăмахран, 1947 çулта «Нарспи» поэмăра, К. В. Ивановăн пурнăçĕпе творчестви пайра, В. Долговпа А. Эсхель писательсем, поэт ашшĕ каланă пек, «майăн 13-мĕшĕнче çуралнă» тесе кăтартнă.

1947-мĕш çулта, асăннă издательствăрах, «К. В. Ивановăн сăввисем» кĕнеке тухнă. Унта, каллех, ашшĕ асаилĕвне пичетленĕ. Çак фактсем тĕпчев институтĕнче ĕçлекен литературоведсене шухăша ямалла пек, анчах кунта та кăтартусем парса ĕçлес кăмăл амаланнă.

Çакна, тата сиксе тухнă ытти пăтăрмахсене уçăмлăн ăнлантарма, эпĕ Чăваш АССР министрĕсен Совечĕ çумĕнчи тĕн енĕпе ĕçлекен уполномоченнăйĕран, Краснов юлташран, каласа пама ыйтрăм. Акă, мĕн пĕлтерчĕ вăл.

— Чи тĕрĕсси, — терĕ Борис Андреевич, — ылтăн сасăллиллĕ чиркÿ Календарьне сĕтел çине кăларса хурса. — Константин Иванов хăй аллипе çырнă документ. Унăн аллинче чиркÿ панă метрика пулнах. Акă, Календаре пăхар. «Константин» ята чиркÿ майăн 21-мĕшĕнче тĕне кĕртнисене хурать. 22-мĕшĕнче е тата урăх кунсенче тĕне кĕртнисене —урăхла ят хураççĕ. Ят хунă хыççăн алла метрика параççĕ. Унта, иеродиакон, регистрациленĕ куна тĕрĕсех çыраймасан, курăнать. «22» цифрăна «21» тесе йышăнмалла. Çĕнĕ стиле куçарса шутлас тесен, вунвиççĕ хушмалла. Вара, Константин Иванов çуралнă кунĕ, — шăпах июнĕн 3-мĕшĕ, çимĕк кунĕ, пулать. Тата сакна асра тытмалла. Елĕк ЗАГС ĕçне чиркÿ туса пынă. Çуралнă куна — ят хунă кунран шутланă. Çавăнпа та Константин Иванов хăй çуралнă кунне — майăн 21-мĕшĕнче тесе çырнă.

«Константин» ят — мĕне пĕлтерет? Вăл латин чĕлхинчен кĕнĕ, чăвашла — çирĕп шухăшкăмăллă, шанчăклă — тенине пĕлтерет.

Çак ята поэтăмăр, хăйĕн çута ĕмĕр тăршшĕпех, чыслăн тытса пынă. Паян, чаплă сыравçăмăран çĕр çулхи юбилейне хатĕрленнĕ вăхăтра, çĕнĕрен кăларакан асăну кĕнекисенче, хут пĕлмен тарçă-тĕрçĕ ирĕкĕпе тунă кăлтăксенчен хăтăласчĕ, поэт кăмăлне, тĕрĕслĕхе хисепе хурасчĕ.

Виталий ИСАЕВ,
«Ялав» журнал сотрудникĕ.

| | | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|---|
| Ивановъ Константинъ. | Урож. | Велб. | Мене-узъ-во шевско | Слак-баш | 1890г. 21 мая | Учился въ Слак-башахъ Зг. зак. Г. Иванов. 1/4г. Евгения Николаевна |

УКРАИНА ССРĔ. Симферопольти «Фотон» производство пĕрлешĕвĕнче çĕнĕ йышши «Фотон-51» ТЦ 503 стерео» телевизорсем кăларма тытăннă. Асăннă модель «ПАЛ», «СЕКАМ» тата ытти стандарт системисен тĕрлĕ тĕслĕ программисене йышăнма пултарать.

Ÿкерчĕк çинче: ЭВМ операторĕ Н. Зелецкая, çĕнĕ продукципе паллаштарать.

(ТАСС).

# ÇĔНТЕРÿÇĔСЕНЕ САЛАМЛАТПĂР

**«КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ»** хаçат редакцийĕ **«ЭПИР — СОВЕТ ÇЫННИСЕМ»** фотоконкурс итогĕсене пăхса тухса пĕтĕмлетнĕ. Çĕнтерÿçĕ — «Ăстасем» ятăмпа тухнă икĕ фотоÿкерчĕкшĕн — **ВЛАДИМИР ФИЛИППОВ** (50 тенкĕ премирен). Иккĕмĕш вырăнта **СЕМЕН ИГНАТЬЕВ** — «Юрпике» фотоÿкерчĕкшĕн — тата **МИХАИЛ ВОРОБЬЕВ** — «Хĕрĕх çул иртсен» фотоÿкерчĕкшĕн (40-шер тенкĕ). Виççĕмĕш вырăнта **ЮРИЙ ДМИТРИЕВ** — «Туссем» фотоÿкерчĕкшĕн — тата **АЛЕКСАНДР ПОЛЯКОВ** — «Пĕрле савăнар» фотоÿкерчĕкшĕн (30-шар тенкĕ). Хавхалантармалли премие (20 тенкĕ) «Экзамен умĕн» фотоÿкерчĕкшĕн **ВЛАДИМИР АРТЕМЬЕВА** панă.

Хаçат редакцийĕ конкурс çĕнтерÿçисене ăшшăн саламлать, фото ĕçĕнче çĕнĕ çитĕнÿсем тума ырă сунать.

## «Тăван ен—Чăваш çĕршывĕ»

«Коммунизм ялавĕ» фото ăстисене 1990 çулта **«ТĂВАН ЕН — ЧĂВАШ ÇĔРШЫВĔ»** фотоконкурса хутшăнма чĕнет. Ăна Чăваш автономине туса хунăранпа 70 çул çитнине халаллатпăр. Чăваш республикинче вун-вун халăх ывăл-хĕрĕ туслăн, килĕштерсе ĕçлет-пурăнать. Çитмĕл çул хушшинче Чăваш АССР экономикинче, культура пурнăçĕнче пысăк улшăнусем пулса иртнĕ. Пур халăх çыннисем те савăнăç-телее, терт-нушана çурмалла пайланă. Чăваш ялĕн-хулин, кунта пурăнакан çынсен историйĕ, тĕрлĕ енлĕ кунçулĕ, халăхсен туслăхĕ, республика умĕнче тăракан вун-вун кăткăс ыйту, тăван ен илемĕпе пуянлăхĕ, Чăваш çĕршывĕ çĕнетĕве хутшăнни, — конкурса тăратакан ĕçсенче çак темăсем тĕп вырăн йышăнмалла.

13×18 е 18×24 сантиметр калăпăшлă ÿкерчĕксене «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине «ФОТОКОНКУРС-90» тесе паллă туса ярса памалла. Ÿкерчĕке хăçан тата ăçта, унта кама сăнланине, фотоĕç авторĕн тулли хушамачĕпе ятне, ашшĕ ятне, вăл ăçта пурăннине, ĕçленине е вĕреннине кăтартмалла.

Фотоконкурс çĕнтерÿçисем валли çакăн пек премисем палăртнă: пĕрремĕшĕ — 50 тенкĕ, иккĕмĕшĕ (икĕ премии) — 40 тенкĕ, виççĕмĕшĕ (икĕ премии) — 30 тенкĕ ...

● Ыркăмăллăх

# Ăшă туйăмпа

**— Мĕншĕн эпир юлашки вăхăтра çеç ыркăмăллăх çинчен аса илме пуçларăмăр! — тесен, Ольга Евгеньевна Беляева, Шупашкар хулинчи халăх депутачĕсен Ленин райсовет ĕçтăвкомĕн социаллă обеспечени пайĕн социаллă пулăшу уйрăмĕн заведующийĕ, çапла ответлерĕ: «Ыркăмăллăх кирек хăш саманара та пулнă. Халĕ хура сăрăпа сăрлакан Сталин тапхăрĕнче те. Ватă çынсем, сăмахран, мĕнле пурăннă тетĕрха эсир! Кам пулăшнă вĕсене, кам пăхнă! Тăванĕ, пĕлĕшĕ е кÿрши, паллах. Эпĕ хам та пĕр подъездра пурăнакан темиçе ватă, хĕрарăма пулăшса курнă. Ыркăмăллăх çинчен калаçни лайăх. Анчах ĕçне те манас марччĕ».**

Ĕçне вара сахал мар тăвать çак пай. Кашни райсовет ĕçтăвкомĕнчех уçнă вĕсене икĕ çул каялла. Ватă тата сусăрланса юлнă пĕччен çынсене пулăшас тĕллевпе.

Беляева ертсе пыракан пай ку районти 110 çынна пăхса тăрать. Вăл вĕсен килне апатçимĕç, çурмафабрикат, промышленность таварĕ, эмел леçет. Ватăсене кĕпе-тумтирне çуса тасатма, çурт-йĕрне тирпейлеме, йĕркере тытма, тăванĕсемпе, юлташĕсемпе сыру çÿретме те пулăшать. Медицина пулăшăвĕ парать.

Ку пайра пурĕ вунпĕрĕн вĕсем. Кашниех вуншар çын пăхать. Вĕсенчен иккĕшĕ çеç 50 çултан иртнĕ, ыттисем — вăйпитти, çамрăк хĕрарăмсем. Кунта вĕсем хăйсен тĕп ĕçĕнчен пушă вăхăтра çÿреççĕ. Пая ертсе пыракан патне эрнере пĕрре килсе, хăйсем мĕн туса ирттернине пĕлтереççĕ, уйăхра пĕрре пурте пĕрле пухăнса тĕрлĕ ыйтусене сÿтсе яваççĕ. Социаллă ĕç тăвакансене пĕр çынна пăхнăшăн 9 тенкĕ тÿлеççĕ. Эстонире вара, Ольга Евгеньевна пĕлнĕ тăрăх, вырăнти бюджетран укçа тупса, пĕр çын пуçне 15 тенкĕрен кая мар уйăраççĕ.

Пархатарлă, сăваплă ĕç тăваççĕ социаллă ĕçченсем. Пиртен кашниех чăтăмлăх та, вăй та çитереймĕ ăна куллен-кунах ... пайра тепĕр уйрăм уçма палăртаççĕ.

Сахал ĕçлесе илекен 1650 çын патне те çитсе курасшăнха вĕсем çитес вăхăтра. Вара, паллах, куç умне туллирех ÿкерчĕк тухса тăрĕччĕ. Çĕршывĕпе илсен, чухăнсен шутне кĕрекенсем 40 миллион, Шупашкарта та сахалăн мар çити-çитми пурнăçпа пурăнакансем. Ольга Евгеньевна темиçе тĕслĕх илсе кăтартать.

Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче Курск хулинчи пĕр çемье—Карасиксем — фашистсенчен тарса Шупашкара тухса килеççĕ. Çул çинче мĕнпур документне çухатаççĕ. Упăшки пĕр предприятире ĕçлет, арăмĕн вара тĕрлĕ сăлтавсене пула йĕркеллĕ ĕçлеме май килмест. Çапла вара ватлăхра икĕ çыннăн пĕр пенси укçипе, 100 тенкĕпе саплашăма тивет. Е. Беляева вĕсенчен: «Мĕн çисе пурăнатăр?» — тесе ыйтсан, лешсем çапла ответленĕ: «Пĕр диета пирĕн — БМ». «Без мяса» тенине пĕлтерет иккен ку... Халĕ вĕсем валли вырăнти бюджетран укçа уйăрма палăртаççĕ.

— Темле шăпа та, темле пурăнакан та пур, — тет О. Е. Беляева. — Хăшпĕрисем, чăн та, пĕр пуса та шутлаççĕ. Социаллă ĕçчен вĕсем валли 3 тенкĕ те 24 пуслăх чăх какайне илсе килсен, 24 пусне каялла илмесен — тем пысăкăш савăнăç ку...

# ЮЛАШКИ КОЛОНКА

## Çăлăнăç— вăрманта

Çĕр пичĕ çинчи сывлăш, атмосферăра углекислăй газ нумайланнипе, çулран çул йывăрланса тата хăвăрт ăшăнса пырать. Чĕрчунсене пурăнма кирлĕ кислорода упраса хăварас тесен, Америкăри çутçанталăк ыйтăвĕпе ĕçлекен «Уорлдуотч» институтри ученăйсем сирĕплетнĕ тăрăх, халĕ вăрмансене касма пăрахнипе пĕрлех 300 миллион гектар тропик вăрманĕсем çитĕнтерме тытăнмалла. Çапла тусан çеç малашне çĕр çинчи чĕрчунсен пурнăçне хăрушлăха кĕртсе ÿкерекен углекислăй газа пĕтерме пулать.

## Крокодилсене кăмăллаççĕ

Мĕн авалтан Австралире çĕршыв мухтавĕ кенгуру пулнă. Юлашки вăхăтра вара çак çĕршыв çыннисем крокодилсене ытларах кăмăллама тытăннă. Халăх кăмăлне шута илсе, крокодилсене сыхласа хăварас енĕпе Австрали влаçĕсем ятарласа саккун йышăннă: çак тискер те паха тирлĕ чĕрчуна тытнăшăн пысăк штраф параççĕ.

## Хăйне евĕр шыравçă

Мадридра пурăнакан утмăлти Фермин Искупэрдо касхине пулăççен вăрăм кунчаллă аттине тата шыв витмен куртка тăхăнать те хуçи сурт-йĕрсенчен юхса тухакан шыв канавне ылтăн шырама тухать. Çак ĕçре аллă çула яхăн ĕнтĕ вăл. Сав тапхăрта вăл таса мар шыв канавĕнчен сĕршер ылтăн шăл, çĕрĕ, хĕрарăмсем çакса çÿрекен вăчăра, тĕрлĕ хаклă медальон, укçа тупнă. Искупэрдон ĕçĕ хăрушă та. Чĕрĕ сĕлен е хир сыснисем, е тĕрлĕ виле курма та тÿр килет Ферминăн. Унăн конкурентсем çук. Хула влаçĕ çак ĕçе пĕр ăна çеç шанать. Полици те ăна хÿтĕлет. Шыв канавĕнче тупнă тĕрлĕ наган-револьверсене Фермин сийĕнчех влаçсене тавăрса парать.

## Виççĕмĕш ĕмĕр пуçламăшĕнче

Перури археологсем сĕршывăн сурсĕр районĕнче тимĕр шăратмалли кăмака тупнă. Специалистсем çирĕплетнĕ тăрăх, ăна сак эрăри виççĕмĕш ĕмĕр пуçламăшĕнче тунă. Çапла вара çак тăрăхра пурăнакансем тимĕр ĕç хатĕрĕсемпе чылай авал усă курнă теме пулать.

## Пуçран ачашламаççĕ

Швейцарире уйрăлнă арăмĕпе упăшки синĕнчех тепĕр хут пĕрлешесрен сыхланан саккун пур. Сукпа уйрăлнă чухне суд ... вăхăт иртсен çеç хĕрарăмпа арсын тепĕр хут пĕрлешме пултараççĕ. Çав вăхăт — пĕр çултан тытăнса виçĕ çула ситиччен. Çак тапхăрта уйрăлнă çынсен хăйсем пĕр-пĕринсĕр пурăнаис сункине ĕнентермелле. Саккуна пăхăнмасăр пĕрлешсен, никăшне те пуçран ачашламаççĕ.

## Авланма хĕр

на.

«Константин 1890 çулта, ма-

дательстви ... некине те кăларнă. Сăмахран,

кĕ.

| | | | | | | |
|---|---|---|---|---|---|---|
| Ивановъ Константинъ. | [illegible] | [illegible] | [illegible] | Слакбашъ | 1890 г. 21 мая | [illegible] Евгенія Николаевна |

...вун-вун каткăс ыйту, тăван ен илемĕпе пуянлăхĕ, Чăваш çĕршывĕ çĕнетĕве хутшăнни, — конкурса тăрататакан ĕçсенче çак темăсем тĕп вырăн йышăнмалла.

13×18 е 18×24 сантиметр калăпăшлă ӳкерчĕксене «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине «ФОТОКОНКУРС-90» тесе паллă туса ярса памалла. Ӳкерчĕке хăçан тата ăçта, унта кама сăнлanине, фотоĕç авторĕн тулли хушамачĕпе ятне, ашшĕ ятне, вăл ăçта пурăннине, ĕçленине е вĕреннине кăтартмалла.

Фотоконкурс çĕнтерӳçисем валли çакăн пек премисем палăртнă: пĕрремĕшĕ — 50 тенкĕ, иккĕмĕшĕ (икĕ преми) — 40 тенкĕ, виççĕмĕшĕ (икĕ преми) — 30 тенкĕ, хавхалантармалли преми — 20 тенкĕ.

питти, çамрăк хĕрарăмсем. Кунта вĕсем хăйсен тĕп ĕçĕнчен пушă вăхăтра çӳреççĕ. Пая ертсе пыракан патне эрнере пĕрре килсе, хăйсем мĕн туса ирттернине пĕлтереççĕ, уйăхра пĕрре пурте пĕрле пухăнса тĕрлĕ ыйтусене сӳтсе яваççĕ. Социаллă ĕç тăвакансене пĕр сынна вăхвăшăн 9 тенкĕ тӳлеççĕ. Эстонире вара, Ольга Евгеньевна пĕлнĕ тăрăх, вырăнти бюджетран укça тупса, пĕр çын пуçне 15 тенкĕрен кая мар уйăраççĕ.

Пархатарлă, сăвапла ĕç тăваççĕ социаллă ĕçченсем. Пиртен кашниех чăтăмлăх та, вăй та çитерейĕмĕ ăна куллен-кунах туса пыма, çавăнпа та пушшех хаклă вĕсен тăрăшăвĕ. Социаллă ĕçченсен ретне тăрас текен ырă чунсем сахалах мар-мĕн.

— Çак ĕçе çыннăн хăйĕн ирĕкĕпе, кăмăлĕпе тумалла-çке,— тет О. Е. Беляева. — Вată тата сусăр çынсемпе пурте пĕр чĕлхе тупма пултараймаççĕ. Ашă туйăм, çепĕçлĕх кирлĕ социаллă ĕçченсене, вĕсен сынна ăнланма, ăна шеллеме пĕлмелле. Тепĕр чухне çак ĕççене çеç мар туса пама тивет вата çынсене. Сăмахран, ăна пахчине кишĕр е хăяр акмашкăн пулăшма тивĕ, е çуркунне пӳртне çуса пама.

Пĕччен тăрса юлнă çынсем Ленин районĕнче сахал мар. О. Е. Беляева каланă тăрăх, пурĕ 250 çын. Халлĕхе, ав, вĕсен çуррине кăна пулăшу пама май пур. Çавăнпа та ку мен вара тĕрлĕ сăлтавсене пула йĕркеллĕ ĕçлеме май килмест. Çапла вара ватлăхра икĕ çыннăн пĕр пенси укçипе, 100 тенкĕпе саплашăнма тивет. Е. Беляева вĕсенчен: «Мĕн çисе пурăнатăр?» — тесе ыйтсан, лешсем çапла ответленĕ: «Пер диета пирĕн — БМ». «Без мяса» тенине пĕлтерет иккен ку... Халĕ вĕсем валли вырăнти бюджетран укça уйăрма палăртаççĕ.

— Темле шăпа та, темле пурăнакан та пур, — тет О. Е. Беляева. — Хăшпĕрисем, чăн та, пĕр пуса та шутлаççĕ. Социаллă ĕçчен вĕсем валли 3 тенкĕ те 24 пуслăх чăх какайне илсе килсен, 24 пусне каялла илмесен — тем пысăкăш савăнăç ку.

— Пĕччен тăрса юлнă çынсем валли, сăмахран, тăхăнмалли тумтир пуçтарма çук-ши халăхран? Чăваш ялĕсенче, акă, çакăн пек ырă йăла пур: пĕрпĕр кил-çуртра пушар е урăх инкек сиксе тухсан, вĕсене пĕтĕм йышпа пулăшаççĕ. Çипуçпа та, ытти япалапа та, — тетĕп Ольга Евгеньевнăна.

— Армени валли, ав, пуçтартăмăр-ха. Шутласа пăхмаллах çакăн пирки. Комсомолецсене явăçтарсан аванччĕ ку ĕçе. Çитет вĕсен пĕр видеопа çеç илĕртĕнме. Эпир хулари предприятисен директорĕсен ячĕпе те çыру çырнă-ха пулăшу ыйтса. Кооператорсем те ку гĕлĕшпе ырă пуçару тăвасса шанатпăр.

Л. АФАНАСЬЕВА.

...тимĕр ĕç хатĕрĕсемпе чылай авал усă курнă теме пулать.

### Пуçран ачашламаççĕ

Швейцарире уйрăлнă арăмĕпе упăшки çийĕнчех тепĕр хут пĕрлешсерен сыхлакан саккун пур. Судпа уйрăлнă чухне суд [illegible] вăхăт иртсен çеç хĕрарăмпа арçын тепĕр хут пĕрлешме пултараççĕ. Çав вăхăт — пĕр султан тытăнса виçĕ çула ситиччен. Çак тапхăрта уйрăлнă çынсен хăйсем пĕрпĕринсĕр пурăнаяс суннине ĕнентермелле. Саккуна пăхăнмасăр пĕрлешсен, нимĕншĕне те пуçран ачашламаççĕ.

### Авланма хĕр тивĕçмест

Великобританире нумай пулмасть ирттернĕ анкета ыйтăвĕ ку чухнехи наци проблемине кăларса тăратнă. Сĕршывра çитес вăхăтра арçынсем валли хĕрсем тивĕçмĕç. Анкета çакна палăртнă: 250 пин çамрăк арçын авланма хĕр тупаймасть. Ирĕккĕн пурăнас тĕллевпе, хĕрсем качча тухма васкамаççĕ чылайăшĕ карьера та пĕччене пурăнасшăн.

★

### Ку пирĕн „активист"



Г. Яковлев ӳкерчĕкĕ.

## • Çĕнĕ йăла-йĕркене—пурнăçа

# Темиçе туй пĕр харăс

«Кашни çын хăйĕн телейĕ патне тĕрлĕ çулпа пырать. Пĕрлехи йывăрлăхсенчен, пĕрлехи савăнăçран, юратуран пуçланать çемье. Юрату, çемьеллĕ пурнăç — йăнăшсемсĕр тумалли утăмсем. Çав утăмсене икĕ хут тума çук, вĕсене тепĕр çула хăварса тӳрлетеймĕн. Пурлăхпа çеç телей тупма çук, унпа телей никĕсĕн пĕр пайне çеç тума пулать.

Енер кăна
эс тухъяпаччĕ.
Паян, ак,
тăхăнтăн хушпу.
Енер — черчен çеçкеччĕ
эсĕ.
Паян — çут сывлăмлă
чечек.

Çак сывлăмлă чечеке «çемье пахчинче» епле упрамалла — çакăн çинчен пулĕ пирĕн паянхи каласу» Çакăн пек сăмахсемпе пуçланчĕ совет çемйин уявĕ Çĕнъялта.

Залра — туллиех халăх. Çынсенчен чылайăшĕ мăшăрсемпе килнĕ. Кунта Кĕмĕл туйпа Ылтăн туйччен пурăннă çемьесене те, Тимĕр туйпа Бриллиант туй паллă тăвакансене те, ытти юбилейсене те чысларĕç.

Сăмавар лартнă, тĕрĕллĕ ситти сарнă сĕтел хушшинче пурнăç çинчен каласу пуçланать. Юбилярсем ертсе пыраканăн тĕрлĕ ыйтăвĕсем çине хуравлаççĕ, хăйсен çемьеллĕ пурнăç пуçламăшĕ çинчен аса илсе каласа параççĕ, савăнăçлă та чи илемлĕ кунсене куç умне кăларса тăрататççĕ...

Çамрăкрах мăшăрсен калаçăвĕ ытларах пурнăçăн пĕр енне çутатать пулсан, аслăраххисен асаилĕвĕсем шухăшлаттараççĕ, чуна хумхантараççĕ. Акă, кăçалхи çул Çĕнъялта тăвата мăшăр хăйсем чĕрĕк ĕмĕр пурăннине паллă тăваççĕ.

Спена çинче ялти хисеплĕ çынсем — Филипп Дмитриевичпа Ольга Ильинична Макаровсем. Çур ĕмĕр пĕр çулпа сумма-суммăн утаççĕ вĕсем. Пилĕк ача пăхса çитĕнтернĕ, мăшăр сунат парса тĕрлĕ çĕрелле вĕçтернĕ. Кукамай, кукаçи, асанне, асатте тесе мисен чĕнмеççĕ пуль тата вĕсене? Чĕре ăшши пурин валли те çитет вĕсен.

Василий Петровичпа Анна Игнатьевна Лукьяновсем 55 çул пĕрле пурăнаççĕ. Çамрăк чухнехи юратăвĕ халĕ те иксĕлмен-ха, çав хĕрӳ туйăмах Василий Петровича хаяр вăрçă çулĕсенче те вăй парса тăнă.

Ятлă-сумлă мăшăрсем татах та пур пирĕн ялта. Василий Сергеевичпа Елена Петровна Антоновсем, Василий Федоровичпа Дария Ивановна Елюковсем, Гаврил Степановичпа Анна Семеновна Елимовсем ултă теçетке ĕнтĕ килĕштерсе пурăнаççĕ. Ачисемшĕн те, мăнукĕсемшĕн те, ялйышшăн та вĕсен пурнăçĕ тĕслĕх пулса тăрать. Мĕнпур инкек-асапа, тĕрлĕ йывăрлăха пĕрле чăтса ирттернĕ вĕсем, кирек хăçан та пĕр-пĕриншĕн çирĕп тĕрек пулнă.

Уява хутшăннă кашни çемье ячĕпех илемлĕ те çепĕç юрăсем янăрарĕç. Вĕсене Культура çурчĕн работникĕсем, хĕрарăмсен совечĕн членĕсем, аслашшĕ-асламăшне саламлама килнĕ Антоновсен çемье ансамблĕ, уйрăм юрăçсем, шкул ачисен хорĕ шăрантарчĕç. Юбилярсене асăнмалăх парнесем, саламлă открыткăсем пиtĕ савăнтарчĕç.

Хĕрарăмсен совечĕн пуçарăвĕпе ирттернĕ çак уява малашне йăлана кĕртесчĕ. Кĕр мăнтăрĕпе кашни сулах уяв кĕрекине пухăнасчĕ — çак шухăш патне килсе тухрĕç çĕнъялсем.

М. МАДЮКОВА,
Çĕнъялти хĕрарăмсен совечĕн председателĕ.
Патăрьел районĕ.

## Сцена çинче—йĕркелĕх хуралçисем

Елчĕк районĕнчи шалти ĕçсен пайĕнче ĕçлекенсемпе вĕсен çемйисен членĕсенчен йĕркеленĕ художество пултарулăх коллективĕн концерчĕсене Аслă Пăлапа Кĕçĕн Пăла тăрăхĕнче пурăнакансем чăтăмсăррăн кĕтеççĕ.

Пĕтĕм Союзри халăх пултарулăхĕн виççĕмĕш фестивальне хутшăнса, РСФСР тата Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕ Г. Борисов ертсе пынипе милици работникĕсем çĕнĕ концерт программи хатĕрленĕ. Вĕсен пултарулăхне чи малтан хак паракансем район центрĕнчи ĕççыннисем пулчĕç. Районти чылай ялсенче пулнă хыççăн йĕркелĕх хуралçисем хăйсен юрри-кĕввисене Шăмăршă районне, кӳршĕллĕ Тутар АССРĕнчи Пăва хулине илсе çитерчĕç. А. Молодовпа В. Горелов тата ытти солистсен юррисене куракансем уйрăмах пысăк хак парçĕ.

А. МИХАЙЛОВ,
аслă следователь.

✦ ПУЛНИ-ИРТНИ

## ЯНТТИНЕ АН ХАПСĂН

Кивĕ Сĕнтĕрте пурăнакансенчен чылайăшĕ нӳхреп-путвалсенчен тутлă апат-çимĕç çухалнине асăрханă. Паллă мар çынсем тăр кăнтăрлах, килте хуçисем çуккипе усă курса, пурăнакан çуртсене, мунчасемпе хуралтăсене ухтарнă. Алла мĕн лекнĕ, çавна хĕстерсе тухнă. Юлашкинчен ял çыннисем çакăн пек тĕлĕнтермĕшсем çинчен шалти ĕçсен пайне евитленĕ.

Ямăта юратакансене — А. Андюкин, М. Михайлов, Е. Кокшин çамрăксене — черетлĕ «ухатана» тухсан, милици работникĕсем кĕçех алăран ярса тытнă. Ун чухне çак виçĕ вăйпитти çамрăк Н. Тяканов, А. Волкова, О. Семенкина хуçалăхĕсенчен сăра, варени, йӳçĕтнĕ помидор банкисене хĕстерсе тухнă пулнă. Халĕ вĕсен ответ тытма тивет.

П. ЛАПШИН,
Комсомольски районĕнчи шалти ĕçсен пайĕн начальникĕ.

## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем пĕлтернĕ тăрăх, çитес талăкра пирĕн республикăра улшăнса тăракан пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, вăхăт-вăхăт кăштах юр çăвать, тăман вĕçтерет. Çил хĕвеланăçĕнчен çеккунтра 7—12 метр хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури çĕрле 10—15, вырăн-вырăнпа 20 градуса çити, кăнтăрла 4—9 градус сивĕ пулать.

Кун тăршшĕ 7 сехет те 18 минут.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ВЫРСАРНИКУН, ЯНВАРЕН 7-МĔШĔ
ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Спорт пурин валли те.
8.20 — Ритмикăллă гимнастика.
8.50 — «Спортлото» тиражĕ.
9.00 — «С утра пораньше».
10.00 — «Служу Советскому Союзу!»
11.00 — Ирхи савăнăçлă программа.
11.30 — «Вокруг света». Альманах.
12.30 — Сывлăх.
13.15 — «Батальоны просят огня». 3 тата 4 серисем.
15.30 — Педагогика пурин валли те.
16.30 — Ял сехечĕ.
17.30 — «Новогодние приключения Вити и Маши». Илемлĕ телефильм.
19.35 — Концерт.
19.50 — «Житие Дон Кихота и Санчо». Нумай сериллĕ илемлĕ телефильм. Иккĕмĕш фильм. 1 сери.
21.00 — «7 кун».
22.00 — «Стечение обстоятельств». Илемлĕ фильм.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Зарядкăна тăрăр!
8.15 — «Илмарс и Марина». Документлă фильм.
8.45 — Мультфильм.
8.55 — «Журналист». Илемлĕ фильм. 2 сери.
10.40 — Документлă телефильмсем.
11.30 — Фильм — ачасене. «Бронзовая птица». 3 сери.
12.35 — «Мертвые души». Фильм-спектакль.
14.25 — Реклама.
14.30 — Видеоканал.
17.00 — «Планета». Тĕнчери программа.
18.00 — Мотокросс.
18.40 — Концерт.
18.55 — Самрăк кино.
19.45 — Ырă кас пултăр, ачасем!
20.00 — Эфирта пĕрремĕш хут Совет Союзĕн В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен ача-пăча фончĕн эфирти 24 сехете пыракан телемарафонĕ.

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 7-мĕшĕнче 12 сехетре «Качча каяссăм килет» — комеди, каçхине «Праски инке хĕр парать» комеди. январĕн 9-мĕшĕнче «Айтар» драма. январĕн 10-мĕшĕнче «Салампи» пьеса.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 7-мĕшĕнче 10 тата 14 сехетсенче «Кто? Куда? Откуда?» («Кто во что горазд») музыкăллă каламбур, каçхине «Камерный театр Лаврентия Берии» шарж (премьера). январĕн 16-мĕшĕнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» драма.

ЧĂВАШ ÇАМРĂКĔСЕН ТЕАТРĔ — январĕн 8-мĕшĕнче 10 тата 13 сехетсенче «Что в лесу произошло?» юмах, каçхине «Тăлăх Марье» драма. январĕн 9-мĕшĕнче 10 тата 13 сехетсенче «Чиполлино и его друзья» юмах, каçхине «Сар ачапа сарă хĕр» пьеса.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — январĕн 10-мĕшĕнче «Мерседес», «Последний шаг» рок-балетсем, «Болеро» балет. январĕн 11-мĕшĕнче «Летучая мышь» оперетта.

Каçхи спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Полет навигатора» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.15, 19.10, 21.00; ыран «Проводник» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.15, 19.10, 21.00. Кĕрен зал: «Снежная королева» — 9.00, 10.50; «Виктор Астафьев», «Нет мне ответа» — 18.30; «Я в полном порядке» — 12.40, 14.30, 16.30, 19.40, 21.00; ыран «Двенадцать месяцев» — 9.00, 10.50; «Полет навигатора» — 12.40, 14.30, 16.30, 18.30, 21.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Смех и горе у Бела моря» — 9.00; «Интердевочка» — 13.00; «Полет навигатора» — 11.00, 15.40, 17.15, 19.00, 20.45; ыран «Полет навигатора» — 9.00; «Деревенька моя центральная» — 11.00, 15.00, 17.00, 19.00; «Одиночка» — 13.00, 20.45.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Талисман» — 9.00; «Материнская любовь» — 11.00, 14.00, 17.00, 20.00; ыран «Жикина династия» — 10.30, 12.30, 14.30, 16.30, 18.30, 21.00. Вăтам зал: «Мама» — 9.00, 10.40, 12.20; «Это было у моря» — 14.00; «Убегающий август» — 16.00, 18.00, 21.00; ыран «За околицей дракон» — 9.00, 10.30, 12.00; «Рекс волшебник» — 13.30; «Великое поколение» — 15.30, 18.00, 20.30. Пĕчĕк зал: «Воры в законе» — 10.00, 12.30, 14.30, 16.30, 18.30, 20.30; ыран «Интердевочка» — 10.00, 13.00, 17.00, 20.00.

«МИР» — «Каникулы в Простоквашино» — 9.00, 10.30; «Хон Гиль Дон» — 12.00, 14.00; «Деревенька моя центральная» — 16.30, 18.30, 20.30; ыран сборник мультфильмов — 9.00, 10.30; «Хон Гиль Дон» — 12.20, 14.40; «Жизнь по лимиту» — 17.00, 18.30, 20.30.

## РЕДАКЦИН ОБЩЕСТВĂЛЛА ЙЫШĂНУ ПӲЛĔМĔНЧЕ

Çитес эрнере — январĕн 9-мĕшĕнче, ытларикун, редакцин обществăлла йышăну пӳлĕмĕнче граждансене Чăваш АССР Прокуратурин пĕтĕмĕшле надзор пайĕн начальникĕ Нина Гавриловна НИКОЛАЕВА йышăнать.

Йышăну пӳлĕмĕ Пичет суртĕнче вырнаçнă, 10 сехетрен пуçласа 13 сехетчен ĕçлет.

Унăн адресĕ: 428019, г. Чебоксары, проспект Ивана Яковлева, 13, Дом печати, 1 этаж, комната 112. Пӳлĕм телефонĕ — 21-22-94.


Редактор А. П. КАЗАНОВ.

ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретар мат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-74-91 [Канаш], 2-10-54 [Елчĕк], 4-34 [Етĕрне] тата 2-26-30 [Сĕнтĕрвăрри]; издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 36011, Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 59.